ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Март
7
ЮНКУН
№ 49 (9728)
Хакĕ 20 пус
39-мĕш çул тухать.

## Мартăн 8-мĕшĕ—Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ

Совет хĕрарăмĕсене—коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн активлăн кĕрешекенсене хĕрӳллĕ салам!

# Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ

Ыран—Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ. Совет халăхĕ çак уява Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ йышăннă историлле решенисене пурнăçлассишĕн кĕрешнĕ условисенче кĕтсе илет. Халĕ çĕршывра КПСС XX съезчĕ СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенче лартнă питĕ пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлассишĕн пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвĕ анлăрах та анлăрах сарăлса пырать.

Совет Союзĕнчи хĕрарăмсем хуçалăх, государство, культура строительствин пур участокĕсенче те активлă ĕçлеççĕ. Пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле вĕсем продукци нумайрах туса кăларассишĕн, унăн пахалăхне лайăхлатассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, техникăна пĕрмай малалла аталантарассишĕн кĕрешеççĕ.

Промышленноçра ĕçлекен хĕрарăмсенчен вуншар пин çын производствăра малта пыракансем, прогрессивлă ĕç меслечĕсене пуçаракансем, рационализаторсемпе изобретательсем пулса тăраççĕ. Пирĕн республика промышленноçĕнче ĕçлекен хĕрарăмсем те паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Иртнĕ пилĕкçуллăхра чылай предприятисемпе стройкăсенче производствăри чаплă мастерсем нумай ӳссе çитĕнчĕç. Вĕсем хушшинче эпир чылай хĕрарăмсене куратпăр. Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи Л. Монахова токарь, М. Чернякова револьверщица, З. Сивова бригадир кунсерен ĕç нормине 200-шер процент тултарса пыраççĕ. Пир-авăр комбинатĕнчи К. Маркова, А. Верещагина, Н. Беспалова ткачихăсем яланах пысăк пахалăхлă пир-авăр тĕртсе кăлараççĕ. Канашри пăравуссен депонĕнчи А. Кошкина, Улатăрти пăравуссен депонĕнчи А. Гаврюсева машинистсем вуншар çул хушши пĕр аварисĕр, лайăх ĕçлеççĕ. Улатăрти пăравуссем юсакан заводри М. Нефедова формовщица 1955 çулта 2 çул та 4 уйăх нормине, пилĕкçуллăхра вара—9 çул та 5 уйăх нормине тултарнă. Хĕрарăмсем паттăрла ĕçленĕ тĕслĕхсене эпир кашни предприятирех курма пултаратпăр.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне хăвăрт аталантарас тĕлĕшпе лартнă задачăсене татса парас ĕçе совет хĕрарăмĕсем активлăн хутшăнаççĕ. Вĕсем тĕштырă туса илессине ӳстерессишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышне унăн тухăçлăхне ӳстерессишĕн, çĕрулмипе пахча çимĕç тата техникăлла культурăсем туса илессине ӳстерессишĕн кĕрешеççĕ. Чăваш республикинчи çичĕ колхозницăна—пысăк тухăçлă тырпул ĕçтисене Социализмла Ĕç Геройĕ ятне панă. Уй-хир ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунă çĕршер колхозница Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма тивĕç илнĕ. Чылай хĕрарăмсем ялхуçалăх производствин ответлă участокĕсене ертсе пыраççĕ. Красноармейски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри Ф. Тихонова юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади иртнĕ çул 18 гектар çинчен 16-шар центнер тулă, 38 гектар çинчен 19-шар центнер ыраш пуçса кĕртнĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри А. Оленина, «Победа» колхозри М. Тимофеева, Калинино районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри Е. Тымарова ертсе пыракан звенисем, пысăк тухăçлă кукуруза çитĕнтерсе, республикипе чапа тухрĕç. Канаш районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри Социализмла Ĕç Геройĕ А. Петрова юлташăн звени кашни гектартан 7-шер центнер кантăр вăрри, 9,2-шер центнер кантăр сӳсĕ туса илнĕ. Республикăри паллă дояркăсем А. Митрофанова, А. Селиванова юлташсем 4—5-шер пин литр сĕт суса илме тытăнчĕç. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнӳсем туса, социализмла ăмăртура мала тухнă 315 хĕрарăма «Республикăри чи лайăх дояркă», «Республикăри чи лайăх телятница», «Республикăри чи лайăх свинарка» ятне панă. Паха тĕслĕх кăтартса ĕçлекен МТС механизаторĕсем хушшинче те хĕрарăмсем сахал мар.

Коммунистсен партийĕн аслă çулпуçĕ В. И. Ленин государствăна ертсе пырас ĕçе хĕрарăмсен анлă массисене хутшăнтарма хушса хăварнă. Совет хĕрарăмĕсем государство ĕçне активлăн хутшăнаççĕ. Республикăри ĕçсыннисем хăйсен депутачĕсем пулма СССР Верховнăй Советне 7 хĕрарăма, РСФСР Верховнăй Советне 4 хĕрарăма, Чăваш АССР Верховнăй Советне 29 хĕрарăма, районсемпе хуласен Совечĕсене 525 хĕрарăма, ял, поселок Совечĕсене пиншер хĕрарăмсене суйланă. Хĕрарăмсенчен нумайăшĕ халăх заседателĕсем пулса ĕçлеççĕ.

Совет влаçĕ хĕрарăмсене наукăна алла илме, хăйсен таланчĕсемпе пултарулăхне пур енчен те аталантарма лайăх условисем туса пачĕ. Миллионшар хĕрарăмсем наука, вĕренӳ тата культурăпа сывлăх сыхлавĕ учрежденийĕсенче ĕçлеççĕ. Пĕр миллион ытла хĕрарăм-педагогсем çамрăк ăрăва воспитани параççĕ. Нумай хĕрарăмсем совет çыннисен сывлăхне тимлĕн сыхлаççĕ, физкультурăн тĕрлĕ ĕçĕсенче ĕçлеççĕ.

Совет хĕрарăмĕсен ĕçри паттăрлăхне Совет правительстви пысăк вырăна хурса хаклать. Тăван çĕршыв умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн пирĕн республикăри хĕрарăмсенчен 3.751 çынна ССР Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене парса наградăланă. 22 хĕрарăма РСФСР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ, 94 хĕрарăма Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ хисеплĕ ятне, 5 хĕрарăма РСФСР тава тивĕçлĕ врачĕ, 15 хĕрарăма Чăваш АССР тава тивĕçлĕ врачĕ хисеплĕ ятне панă. 3 хĕрарăм Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕ, 20 хĕрарăм Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

Пирĕн çĕршывра ача амăшĕ çине уйрăмах тимлĕ пăхаççĕ. Совет правительстви ача учрежденийĕсем тума çулсерен укçа тенкĕ нумай уйăрса парать. Кăçалхи государство бюджетĕнчен нумай ачаллă тата пĕччен ача амăшĕсене пулăшма 5,2 миллиард тенкĕ уйăрнă. Пирĕн республикăра 11 çул хушшинче нумай ачаллă тата пĕччен ача амăшĕсене пулăшма 334 миллион тенкĕ ытла расходланă. Нумай ачаллă хĕрарăмсене пĕтĕм халăх хисеплет. 266 хĕрарăма «Ача амăшĕ-героиня» хисеплĕ ят панă, 55 пин ытла хĕрарăма «Ача амăшĕн мухтавĕ» орденсем тата «Ача амăшĕн медалĕ» парса наградăланă.

Совет çыннисем КПСС XX съезчĕ хĕрарăмсен пурнăçне йăла условийĕсене, çамрăк ăрăва воспитани парассине лайăхлатас тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхра нумай ĕçсем туса ирттерме йышăннине пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç.

Совет Союзĕнчи хĕрарăмсемпе пĕрлех мартăн 8-мĕшне халăх демократи çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем социализм строительствинче халăх пурнăçне лайăхлатас тата культурине ӳстерес тĕлĕшпе тунă пысăк çитĕнӳсемпе паллăртаççĕ.

Капитализм çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне эксплуатаци малалла вăйланнă, халăх массисен пурнăçĕ начарланнă условисенче уявлаççĕ. Вĕсем хăйсен политикăлла тата гражданла прависене хӳтĕлессишĕн, тĕнчери мире сыхласа хăварассишĕн пыракан кĕрешĕве çулталăксерен вăйлатаççĕ. Çак кĕрешӳре Хĕрарăмсен пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ федерацийĕ пысăк вырăн йышăнать. Вăл 66 çĕршыври 140 миллион хĕрарăма пĕрлештерсе тăрать.

Коммунистсен партийĕ совет халăхĕ умне улттăмĕш пилĕкçуллăхра тумалли ĕçсен анлă программине кăларса тăратрĕ: пуринчен ытла йывăр промышленноçа аталантарса, техникăра прогресс туса пырса, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăвăртлăн малалла çĕклемелле, ялхуçалăх производствине талпăнса вăйлатмалла, çак никĕс çинче совет халăхĕн пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине ӳстермелле.

Парти кăларса тăратнă задачăсене пурнăçа кĕртме совет халăхĕн нумай вăй хурса ĕçлеме тивет. Иккĕленмелли çук, çав пысăк ĕçсене пурнăçлас ĕçре пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле пирĕн хĕрарăмсем те, яланхи пекех, хăйсен пуçарулăхне пултарулăхне кăтартĕç, промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, культурăра тата наукăра Тăван çĕршыва тивĕçлĕ çĕнĕ çитĕнӳсем тăвĕç.

Парти, совет, профсоюз тата ытти общественнăй организацисен хĕрарăмсен активлăхне ӳстерсе пымалла, вĕсене общественнăй-производствăлла ĕçе анлăн хутшăнтармалла, ертсе пырас ĕçе хăюллăнрах уйăрса лартмалла, вĕсен ĕçри квалификацине тата политикăлла ăнлавлăхне тăтăшах ӳстерсе пымалла.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Е. М. КОСОВА ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНАЙ СОВЕТ ПРЕЗИДИУМĔН ХИСЕП ГРАМОТИПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Тăватă тăлăх ачана усрава илсе лайăх пăхса ӳстернĕшĕн, вĕсенчен иккĕшĕ аслă шкултан вĕренсе тухнă, хальхи вăхăтра хăйсем тĕллĕн ĕçлесе пурăнаççĕ, иккĕшĕ шкулта вĕренеççĕ,—Пăрачкав районĕнчи Сиява илĕнчи Евдокия Михайловна Косова гражданкăна Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕшĕн О. РУСИНА.

Шупашкар хули, 1956 çулхи мартăн 6-мĕшĕ.

### Кварталти плана тултарнă

ВĂРНАР. (Телефонпа). «Чăвашвăрман» трестне кĕрекен вăрманпромхоз коллективĕ, КПСС XX съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, пĕрремĕш кварталта йывăç касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана срокчен тултарчĕ. Съезд решенийĕсемпе хавхаланса, вăрманпромхоз коллективĕ çĕнĕ пысăкрах обязательство йышăнчĕ, çур çулхи производство планне майăн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕ.

# Тăван çĕршывра

Мускав. Подшипниксем тăвакан пĕрремĕш заводра автоматла тата механизациленĕ линисем тăххăр тĕрлĕ шутланаççĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра вĕсен шучĕ ӳсет—38 лини пулать.

КПСС XX съезчĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлесе, роликлă подшипниксен цехĕнче А. Ситодзинский инженерăн системипе тĕрлĕ подшипниксен уканисене якатакан поток линийĕ туса ĕçе янă.

Ӳкерчĕк çинче: çĕнĕ поток линийĕ çинче туса хатĕрленĕ продукци пухăнакан вырăнта.

В. Хухлаев фотоӳкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

## Хĕрарăм-ученăйсем

...Ку çамрăк ученăй хĕрарăма пирĕн çĕршыври наука работникĕсем çеç мар, урăх çĕршывсенче те лайăх пĕлеççĕ. СССР Наука академийĕн Астрономи совечĕн председателĕн заместителĕ физикăпа математика наукисен кандидачĕ Алла Масевич иртнĕ çул Дублинра тĕнчери астрономсен союзĕн конгресĕнче пулнă. Мускаври астрономсене вăл интереслĕ хыпарсем пĕлтернĕ. Халĕ вăл доктор диссертацине хатĕрлесе çитернĕ.

— Май уйăхĕнче,—терĕ Масевич юлташ,—диссертацие хӳтĕлемелле пулать. Малашне татах пĕр чухăĕ ĕç тумалла, пирĕн самана, наукăна техникăра вăлă пуçарусен самани, учёнăйсем умне питĕ интереслĕ çĕнĕ ыйтусем кăларса тăратать.

СССР Наука академийĕн составне суйланма тивĕçлĕ пулнă хĕрарăмсене совет халăхĕ пысăка хурса хаклать. Совет çĕршывĕн паллă историкĕ Анна Михайловна Панкратова—СССР Наука академийĕн действительнăй членĕ. Нумаях пулмасть вăл ертсе пынипе ученăйсен пысăк коллективĕ вырăссен пĕрремĕш революцийĕ çинчен калакан документсемпе материалсен сборникне пичетлесе кăларнă. СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ Милица Васильевна Нечкина профессор çырнă произведенисем хушшинче декабристсен юхăмĕн историйĕ енĕпе тунă тĕпчев ĕçĕсем уйрăмах палăрса тăраççĕ. Халĕ Нечкина профессор çак пысăк произведенин иккĕмĕш томне çырса пĕтернĕ.

Кашни институтра, кашни наука лабораторийĕнче ученăй-хĕрарăмсем чунтан тăрăшса, ăнăçлă ĕçлеççĕ. Акă, Людмила Кораблевăна илĕпĕр. Вăл Мускав патĕнчи колхозсенче тăпра тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе паха ĕçсем тăвать. Геологипе минералоги наукисен кандидачĕ Софья Набоко Камчаткăра вулкан лавине сăнаса хăюллă та интереслĕ выводсем тунă. Хĕрарăмсен производствăн тĕрлĕ отраслĕсене лайăхлатас ĕçре пысăкрах та пысăкрах вырăн йышăнакан хими наукисене аталантарас ĕçе нумай вăй хучĕç. Хими наукисен докторĕ Нина Петровна Лужная творчествăлла пысăк ĕçсем тăвать. Мускаври лабораторире тĕпчев ĕçĕсем тунипе пĕрлех, вăл инçетри Вăтам Азие экспедицисемпе кайса çӳрет. СССР Наука академийĕн член-корреспонденчĕ Александра Васильевна Новоселова кучуххим хими чылай çĕнĕ ыйтăвĕсене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлет.

Кăçалхи мартăн 8-мĕшĕнче литературоведени тата языкознани енĕпе ĕçлекен совет хĕрарăмĕсен çитĕнĕвĕсене те паллăртмалла. Çак кунсенче филологи наукисен докторĕсем А. Елистратова, К. Майтинская тата ыттисем çырнă пысăк произведенисем пичетленсе тухаççĕ.

Вуншар пин ученăй-хĕрарăмсем, социализмлă Тăван çĕршыв патриоткисем наука çитĕнĕвĕсене нумайлатса пыраççĕ, хамăрăн çĕршывра экономика тата культура енĕпе прогресс тума пулăшаççĕ. (ТАСС).

### МАЛТА ПЫРАКАНСЕН ОПЫЧĔПЕ ПАЛЛАШМА

Чкалов облаçĕнчи колхозниксен, ялхуçалăх специалисчĕсен тата парти работникĕсен ушкăнĕ Рязань облаçне кайса килнĕ. Унта вĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсен опычĕпе тĕплĕн паллашнă. Çакăнпа пĕр вăхăтрах область учрежденийĕсенчи агрономсемпе специалистсен ушкăнĕ Днепропетровск облаçĕнче пулнă, кукуруза пăхса ӳстерес ĕç опычĕпе паллашнă.

Рязаньпе Днепропетровск облаçĕсене кайса курнă çынсем пурте колхозсене тухса кайнă. Вĕсем Рязань облаçĕнчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсемпе Украинăри кукуруза акса тăвакансен паха опычĕ çинчен ăнлантарса параççĕ. (ТАСС).

### Н. А. Булганин, Н. С. Хрущев, В. М. Молотов, А. И. Микоян Дани Премьер-Министрĕпе тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Х. К. Хансенпа калаçнă

Мартăн 5-мĕшĕнче Кремльте СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Членĕ Н. С. Хрущев, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ А. И. Микоян Дани Премьер-Министрĕпе тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Х. К. Хансенпа малалла калаçнă.

Калаçу вăхăтĕнче çаксем пулнă: Дани енчен—Сутăç министрĕ Ю. Бомхольт, Данинчи ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мĕрк, Данинчи Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи Посланникĕ Р. Кьер, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Пичет пайĕн заведующийĕ С. А. Кристенсен, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин секретарĕ Б. Ольсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Экономика пайĕн ответлă сотрудникĕ Х. Э. Тране, Премьер-Министр секретарĕ Х. С. Меллер тата Данинчи ССР Союзĕнчи Посольствин советникĕ Г. Ларсен; Совет Союзĕ енчен — Туланри суту-илӳ министрĕ И. Г. Кабанов, Культура министрĕ Н. А. Михайлов, Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. С. Семенов, ССР Союзĕн Данири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. В. Славин, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинави çĕршывсем енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов тата ССР Союзĕн Данири Посольствин советникĕ А. С. Каплин. (ТАСС).

• • •

Мартăн 6-мĕшĕнче Кремльте СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиум членĕ Н. С. Хрущев, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ В. М. Молотов, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ А. И. Микоян Дани Премьер-Министрĕпе тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕпе Х. К. Хансенпа калаçнă, çакă юлашки калаçу пулнă.

Калаçу вăхăтĕнче çаксем пулнă: Дани енчен—Сутăç министрĕ Ю. Бомхольт, Данинчи ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мĕрк, Данинчи Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи Посланникĕ Р. Кьер, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Пичет пайĕн заведующийĕ С. А. Кристенсен, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин секретарĕ Б. Ольсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Экономика пайĕн ответлă сотрудникĕ Х. Э. Тране тата Премьер-Министр секретарĕ Х. С. Меллер; Совет Союзĕ енчен—Туланри суту-илӳ министрĕ И. Г. Кабанов, Культура министрĕ Н. А. Михайлов, Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. С. Семенов, ССР Союзĕн Данири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. В. Славин, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинави çĕршывсем енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов тата ССР Союзĕн Данири Посольствин советникĕ А. С. Каплин. (ТАСС).

Курганри «Уралсельмаш» завод тăпрана Т. С. Мальцев меслечĕпе сухаласа кăпкалатмалли тĕрлĕ ялхуçалăх машинисем туса кăларать. Завод хăйĕн продукцине çĕршывri тĕрлĕ вырăнсене тата урăх çĕршывсене ярать. Механосборочнăй цех коллективĕ нумаях пулмасть кольчатăй катоксем туса кăларнă. Вĕсене Индие яма туса хатĕрленĕ.

Ӳкерчĕк çинче: кольчатăй катоксене Индие яма хатĕрлеççĕ.

С. Юдин фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Партин XX съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ

Мускаври «Красный пролетарий» заводри иккĕмĕш механически цехра ĕçлекен токарь-карусельщик Н. М. Кузьмин партин XX съезчĕн делегачĕ пулнă. Çак кунсенче кăнтăрлахи перерыв вăхăтĕнче радиоузел микрофонĕ умĕнче вăл хăй съездра пулни çинчен, çĕршыва малалла аталантарма партин съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенче палăртса хунă анлă малашлăхсем çинчен каласа панă. Кузьмин юлташ завод коллективĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен уйрăмах тĕплĕн каланă.

Парти вĕренĕвĕн заводри кружокĕсенче КПСС XX съезчĕн материалĕсем тăрăх малтанхи занятисем пулса иртнĕ.

Станок тăвакансем съезд материалĕсемпе питĕ интересленеççĕ. Вĕсене вĕренни, съезд ĕçĕ çинчен калаçусем ирттерни ĕçри активлăха çĕнĕрен ӳстерет. Производствăра ĕçлекенсем съезд умĕнхи ăмăрту вăхăтĕнче тунă çитĕнӳсене çирĕплетсе хăварма тăрăшаççĕ. (ТАСС).

• • •

Алма-Ата хулинчи парти организацийĕсенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн материалĕсене вĕренме тытăннă. Партин хула комитечĕн пропагандăпа агитаци пайĕ пропагандистсен канашлăвне ирттернĕ. Партин Ленински, Сталински, Фрунзенски тата Кагановички райкомĕсем пропагандистсен семинарĕсене организациленĕ. Семинарсенче Н. С. Хрущев юлташ докладĕн «Совет Союзĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ» ятлă пайне вĕренес тĕлĕшпе методикăлла кăтартусем панă.

Политика тата наука пĕлĕвĕсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен общество партин XX съезчĕ çинчен лекцисем ирттерет. (ТАСС).

• • •

Дагестанри Культура министерстви Каспий тинĕсĕ тăрăхĕнчи çĕçенхирте выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем патне лекторсен пысăк группине командировкăна янă. Унта вĕсем 150 колхоз чабанĕсен бригадисенче тата фермăсенче ĕçлекенсем хушшинче КПСС XX съезчĕн решенийĕсем çинчен калаçусем ирттереççĕ, лекцисем туса параççĕ.

Çеçенхирте хĕл каçакан колхозниксем патне çавăн пекех кинопередвижкăллă тата библиотекăллă 4 автомашина янă. (ТАСС).

• • •

Якут АССР-ĕнчи коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисем КПСС XX съезчĕн материалĕсене питĕ интересленсе вĕренеççĕ. Кружоксенче, семинарсенче, парти вĕренĕвĕн политшкулĕсенче Н. С. Хрущев юлташ докладне вĕренес тĕлĕшпе занятисем пулса иртнĕ. Пропагандистсен семинарĕсем ĕçлеççĕ, çĕнĕ кружоксем ĕçлеме пуçлаççĕ. Усть-Мая районĕнче съезд документĕсене вĕренме çĕнĕрен 30 кружок организациленĕ. (ТАСС).

## Ăмăртса ĕçлекенсен малти ретĕнче

Ташкентри Сталин ячĕпе тăракан пир-авăр комбинатĕнчи работницăсемпе специалистсен нумай пин çынлă коллективĕ Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне чыслăн кĕтсе илет. Фабрикăсенче ăмăрту итогĕсене палăртаççĕ, совет хĕрарăмĕсен пурнăçĕ çинчен, вĕсем пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешни çинчен калаçусем тата лекцисем ирттереççĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн Директивисем,—терĕ комбинатри партком секретарĕ А. Сергеева юлташ,—пирĕн пĕтĕм ĕçĕн программи пулса тăчĕç. Комбинатра производствăн хальхи лаптăкĕсем çинче продукци туса илесси пĕрмаях ӳссе пырать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра кăна планран ирттерсе 100 миллион тенкĕлĕх пир-авăрпа çип туса кăларнă.

Çак ĕçре хĕрарăмсем паллă вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем ĕçе çĕнĕ меслетсем кĕртсе пыраççĕ, малта пыракан ытти предприятисен опычĕпе хăюллăн усă кураççĕ. Çакă вăл станоксемпе машинăсене хăвăртрах ĕçлеттерме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме пулăшать. Коммунистсен партийĕн историлле съезчĕ ячĕпе ăмăртса ĕçленĕ кунсенче планран ирттерсе нумай продукци туса кăларнă. Узбек ССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ С. Булатова заданирен ирттерсе 3 пин метр ытла пир-авăр тĕртсе хатĕрленĕ. А. Кривенкова прядильщица, Р. Нурматова крутильщица тата ытти нумай работницăсем заданисене тăтăшах ирттерсе пурнăçласа пыраççĕ.

Комбинатра М. Тихонова инженера пурте лайăх пĕлеççĕ. Вăл рационализаторла нумай сĕнӳсене ĕçе кĕртнĕ, тĕрлĕ изобретенисем тунă. Çакна пула предприяти 5 миллион тенкĕ якăн перекетленĕ.

Комбинатри работницăсемпе специалистсен культурăпа йăла условийĕсем пĕрмаях лайăхланса пыраççĕ. Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ тĕлне вĕсене чаплă парне—100 вырăнлă ача ясли туса панă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче Ташкентри текстильщиксем валли пурăнмалли çĕнĕ суртсем, ача сачĕсемпе яслисем, вунă çул вĕренмелли шкул туса параççĕ.

Комбинатра хĕрарăмсем йышлă. Комбинат коллективĕ çĕнĕ çулăн малтанхи икĕ уйăхĕнчи задание ирттерсе пурнăçланă, планран ирттерсе 2,5 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. (ТАСС).

### Хĕрарăмсен кунне уявланă ятпа Мускавра савăнăçлă пухусем ирттереççĕ

Мартăн 6-мĕшĕнчех Мускавра Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ ячĕпе ĕçсыннисен пухăвĕсемпе каçĕсем пулса иртеççĕ. Сталински районта савăнăçлă пуху пулнă. Унта парти райкомĕн секретарĕ Просветова юлташ, Щербаков ячĕпе тăракан комбинатри ткачиха Ползунова юлташ, ача амăшĕ-героиня Турновская юлташ тата ыттисем те тухса каланă.

Столицăри предприятисенче, учрежденисенче тата шкулсенче Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ çинчен калаçусем, докладсемпе лекцисем ирттереççĕ. (ТАСС).

Ӳкерчĕк çинче: Горький ГЭС-ĕн пĕвĕ.
П. Вознесенский фотоӳкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

### КУЙБЫШЕВ ГИДРОУЗЕЛĔ РАЙОНĔНЧИ ÇĔНĔ ПРЕДПРИЯТИСЕМ

Куйбышев гидроузелĕ çывăхĕнчи Ставрополь хулинче «Строммашина» завод тума тытăннă. Вăл цемент промышленноçĕ валли оборудовани тата силикатнăй кирпĕч тумалли прессем туса кăларакан предприяти пулать.

Пысăк площадкăра чугун шăратакан, хурçă шăратакан, тимĕрçĕ-пресс, механосборочнăй цехсемпе ытти цехсем вырнаçаççĕ.

Завод поселокĕнчи малтанхи суртсен никĕсĕсене хывнă. Поселокра пурăнмалли нумай суртсем, клуб, больница, ача сачĕсемпе яслисем тата ытти культурăпа йăла учрежденийĕсем пулаççĕ.

Гидроузел районĕнче татах темиçе промышленность предприятийĕ тума палăртнă. (ТАСС).

# Коммунистсен партийĕн историнчи паллă тапхăр

## *РКП(б) X съезчĕ уçăлнăранпа 35 çул çитнĕ май*

КПСС историйĕнче, парти речĕсене тĕреклетессишĕн, партипе ĕçсыннисен анлă массисен хушшинчи çыхăнусене вăйлатассишĕн, социализм тăвассишĕн пынă кĕрешӳ историйĕнче РКП(б) вуннăмĕш съезчĕ, В. И. Ленин ертсе пынипе ĕçленĕскер, пысăк вырăн йышăнать.

В. И. Ленин съезд уçăлнă чухне сăмах тухса каланă, кун йĕркинчи мĕнпур тĕп ыйтусем тăрăх: РКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен отчет, разверсткăна натуральнăй налогпа улăштарасси çинчен, парти пĕрлĕхĕ тата анархо-синдикализмла суйăнчăк çинчен докладсем туса панă. Съездра Ленин профессиле союзсем çинчен, топливо ыйтăвĕ тăрăх тата съезд хупăннă чухне сăмахсем тухса каланă. Вăл съездăн чи пирĕ решенийĕсен проекчĕсене çырса хатĕрленĕ.

РКП(б) X съезчĕ Коммунистсен партийĕпе Совет государстви пурнăçĕнчи чи йывăр тапхăрсенчен пĕринче ĕçленĕ. Тăватă çула пынă империализмла вăрçă, унтан виçĕ çула пынă ют çĕршыв интервенцийĕпе граждан вăрçи хыççăн çĕршыв хуçалăхĕ пĕтĕмпех юхăнса çитнĕ. Промышленноçпа транспорт арканнă пулнă. Сĕр кăмрăк шахтисене тимĕр рудникĕсене белогвардеецсемпе интервентсем çĕмĕрсе, шыв тултарса хăварнă. Топливо çитменнипе нумай заводсемпе фабрикăсем ĕçлеймен. 1920 çулта шултра промышленность вăрçăччен хипе танлаштарсан, 7 хут сахалтарах продукци туса кăларнă. Домнăсемпе мартен кăмакисем пурте пекех сӳннĕ, 1921 çулта чугун шăратса кăларасси вăрçăччен хи шайăн 3 процентне те çитеймен. Ялхуçалăхĕ юхăнса çитнĕ, унăн продукцийĕ вăрçăччен хисепĕн çурри чухлĕ кăна пулнă. Ситменни не 1920 çулта нумай кĕпĕрнесенче тырă начар пулнă.

Çĕршыв апат-симĕç ситменнипе антранă. Шалти тата тулашри пысăк йышлă тăшмансене хирĕç вĕçĕмсĕр пынă вăрçăра ĕçсыннисен массисем ывăнса çитни те палăрнă. Хресченсем продразверсткăпа кăмăлсăр пулнине уççăнах кăтартса панă. Вырăнта, ывăнса çитнине пула рабочисем те кăмăлсăрланма пуçланă.

Ĕçсыннисен тăшманĕсем, çĕршыв экономикинчи йывăрлăхсемпе усă курса, совет строине хавшатма тăрăшнă. Вĕсем контрреволюциле каварсемпе пăлхавсем тунă. Çав вăхăтра çивĕчленсе çитнĕ класла кĕрешӳ партири лару-тăрура та палăрнă. Партири çирĕп мар элементсем иккĕленме пуçланă, фракцисем тата партие хирĕçле ушкăн[illegible] туса хума тăрăшакансем пулнă. Партие хирĕçле элементсем, йывăрлăхсемпе усă курса, парти пĕрлĕхне çĕмĕрме, çакăнпа вара рабочи класс диктатурине, рабочи класпа хресченсен союзне хавшатма хăтланнă.

Граждан вăрçи вăхăтĕнче рабочи класпа ĕç хресченĕсен çарпа-политикăлла союзĕ пулса тăнă. Вăрçă чарăннă хыççăн, мирлĕ строительство пуçланнă май, партин рабочи класпа хресченсен союзĕн çĕнĕ формине туса хатĕрлемелле пулнă. Çак формăна аслă Ленин тĕпчесе тупнă. Экономикăри çĕнĕ политика ыйтăвĕсене тĕпчесе хатĕрленĕ май вăл ахти лару-тăрăва, хресченсен сырăвĕсене тĕплĕн сăнаса вĕреннĕ, хресченсемпе темиçе хут та калаçнă. Партин X съездĕнче «Разверсткăна натуральнăй налогпа улăштарасси çинчен» тунă докладра Ленин экономикăри çĕнĕ политика çине куçма кирлине тĕплĕн кăтартса панă. Çак политика тĕллевĕ рабочи класпа ĕçхресченĕсен союзĕн экономикăлла никĕсне çирĕплетсе пырса социализм никĕсне хывасси пулнă.

Ленин сĕннипе партин вуннăмĕш съезчĕ продразверсткăна продналогпа улăштарасси çинчен, çĕнĕ экономикăлла политика патне куçасси çинчен историлле решени йышăннă. Ку вăл парти политикинчи пысăк улшăну пулнă. Çак ĕçре Ленинăн пысăк ăсĕ, вăл малашне мĕн пуласине курса тăни, вăл кирек мĕнле кăткăс условисенче те ыйтăва тĕрĕс татса пама, кĕрешӳ тĕллевĕсемпе задачисене кăтартса, малалла кайма тĕрĕс çул-йĕрсем палăртса пама пĕлни палăрнă. Капитализмран социализма куçмалли тапхăрта çĕнĕ экономикăлла политика вăл пролетарилле государствăн пĕртен-пĕр тĕрĕс политики пулнă. Вăл халăх массисен пурнăç интересĕсемпе, пирĕн çĕршывра социализм тăвас ĕç законĕсемпе килĕшсе тăнă.

РКП(б) X съезчĕ Коммунистсен партине халăх хуçалăхне анăçлă юсассишĕн тата ССР Союзĕнчи социализм строительствине вăйлатассишĕн кĕрешме пĕтĕçтерес ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăннă.

Съездра профсоюзсем çинчен пынă дискусси—партие хирĕçле элементсен йышăнтарнă дискусси итогĕсене палăртнă, профсоюзсен ролĕпе задачисем çинчен Ленин туса хатĕрленĕ платформăна ырланă. Профсоюзсем вĕсем коммунизм шкулĕ пулса тăрассĕ, вĕсем пулăшнипе парти рабочи класăн миллионшар массисемпе çыхăнса тăрать.

Парти пĕрлĕхĕ çинчен тăракан ыйту тăрăх съезд умĕнхи вăхăтра тата съездра тунă докладра, хăй тухса каланă нумай сăмахсенче Ленин троцкистсене, «рабочи оппозицине», «демократилле централистсене» хирĕç татăклăн, пĕтĕм вăя хурса кĕрешнĕ. Вăл çакна кăтартса панă: партие хирĕçле çак мĕнпур ушкăнсен ĕçĕсем, чăннипе илсен, Коммунистсен партийĕн Совет государствинчи ертсе пырас рольне хирĕç, пролетариат диктатурин чи çӳлти принципне—рабочи класпа ĕç хресченĕсен союзне хирĕç пынă.

В. И. Ленин фракцисем тăвассине хирĕç, парти пĕрлĕхĕшĕн татăклăн кĕрешме кирлине кăтартса панă, мĕншĕн тесен çак пĕрлĕхе вăйт кăна хавшатни те пирĕн çĕршывра капитализма каялла тавăрма хăтланнă тулатри тата шалти тăшмансене тӳрĕмех пулăшнипе пĕлтернĕ. Пролетарилле парти чи тачă пĕтĕçни, вăл чăтăмлă пулни тата партири дисциплина парти вăй-хăвачĕн çăлкуçĕ пулса тăрать, тесе шутланă Ленин. Вăл çапла каланă: пирĕн ĕçĕн анăçлăхĕ валли парти тачă пĕтĕçсе тăни, вăл пĕр кăмăллă пулса ĕçлени кирлĕ.

РКП(б) вуннăмĕш съезчĕ «Парти пĕрлĕхĕ çинчен» Ленин çырса хатĕрленĕ паллă резолюцие йышăннă. Резолюцире парти речĕсене пĕрлĕхлĕ тума, тачă пĕтĕçтерме, парти дисциплинине çирĕп тытма, партин шалти демократине сарса пыма, коммунистсен идейăлла-политикăлла шайне çӳлерех хăпартса пыма мĕн-мĕн тумаллине кăтартса панă. Съезд партин мĕнпур членĕсене çакăн пирки асăрхаттарнă: çĕршывра вак буржуази иккĕленсе вăйланнă тапхăрта парти пĕрлĕхĕ, унăн речĕсем тачă пĕтĕçни, парти членĕсем пĕр-пĕрне шанса тăни, пĕр кăмăллă пулса ĕçлени уйрăмах кирлĕ. Съезд тăшмансен çĕнĕ тактикине тăрă шыв çине кăларнă. Уççăнах белогвардеецла ялав çĕкленĕ контрреволюци анăçлă пулас çукки не ăнланса илсе, тăшмансем Коммунистсен партийĕнчи хирĕçӳсемпе усă курма, власа çиелтен пăхсан совет власне йышăнасси патне пуринчен те çывăхрах тăнă пек туйăнакан вак буржуалла ушкăнсен аллине пама, çапла вара контрреволюцие каялла яма пĕтĕм вăя хурса тăрăшнă. Съезд йышăннă резолюцире Ленин туса хатĕрленĕ организацилле принципа çирĕплетнĕ. Вăл çапла калать: парти вăл ирĕк пĕрлĕхĕ пулса тăрать, партире фракцисем пулмалла мар.

Съезд партири мĕнпур фракцисемпе ушкăнсене салатса яма, партин мĕнпур организацийĕсене мĕнле те пулин фракцилле ĕçсем пулассран тимлĕн асăрханса тăма хушса хăварнă. Съезд йышăннă çак постановлени пăхăнманшăн айăплисене çийĕнчех, пĕр тăхтаса тăмасăрах партирен кăларма, Центральнăй Комитет членĕсене вара кандидата куçарма тата партирен кăларма та кăтарту панă. Резолюци парти организацийĕсене партире фракцисем пурри парти пĕрлĕхĕшĕн сиенлĕ пулни, хăрушăх кăларса тăратни çинчен коммунистсене тĕплĕн ăнлантарса пама хушнă, парти пĕрлĕхĕ вăл власа пролетариат аллинче тытса тăма, социализм тума кирлĕ тĕп условипулса тăрать, тесе кăтартса панă. Резолюцире парти ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклени питĕ пысăк пĕлтерĕшне палăртнă. Критикăна çапла йĕркелемелле: кирек мĕнле практикăлла сĕнĕве те сӳтсе явма тата решени йышăнма çийĕнчех, пĕр тăхтаса тăмасăрах партин ертсе пыракан, вырăнти тата центри органĕсене ярса памалла, тенĕ.

РКП(б) X съезчĕ «Пирĕн партири синдикалистла тата анархистла суйăнчăк çинчен» Ленин сĕннĕ резолюцие йышăннă. Ку резолюцире съезд «рабочи оппозицийĕ» текеннёнере сиенлĕ, унăн шухăшĕсене саракансем коммунистсен партийĕнче тăма тивĕçлĕ мар, тесе йышăннă.

Партире коллективлăн ертсе пырас принцип питĕ кирлине съезд уйрăмах вăйлăн палăртнă. Парти строительствин ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă резолюцире çапла каланă: парти ĕçĕн тĕп меслечĕ вăл чи кирлĕ мĕнпур ыйтусене анлăн сӳтсе явмалли, вĕсем тăрăх партири ирĕклĕ критика йĕркине [illegible] меслет, пĕтĕм парти решенийĕсене коллективлăн хатĕрлемелли меслет пулса тăрать.

РКП(б) X съезчĕ парти пĕрлĕхĕ çинчен тата парти строительствин ыйтăвĕсем тăрăх йышăннă решенисем парти речĕсем пĕрлĕхне сыхласа хăварас, вĕсене тачă пĕтĕçтерес ĕçре пĕтĕм партишĕн, унăн мĕнпур организацийĕсемшĕн ертсе пыракан директивăсем пулса тăнă. Вĕсем парти массисене парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене, партин ертсе пырас ĕçĕнче Ленин туса хатĕрленĕ принципсене çирĕппĕн пурнăçласа пыма чĕннĕ.

Парти речĕсен Ленин çирĕплетнĕ пĕрлĕхĕ пирĕн халăх Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе тунă историлле мĕнпур çитĕнӳсен тĕп условийĕ пулса тăнă.

Троцкистсем, бухаринецсем, буржуалла националистсем парти речĕсен пĕрлĕхне шалтан çĕмĕрме пĕтĕм вăя хурса тăрăшнă, анчах вĕсене хăйсене пурне те çĕмĕрсе тăкнă,—тенĕ КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă докладра. Истори опычĕ çапла вĕрентет: Коммунистсен партийĕ пĕрлĕхлĕ чухне унăн нимĕнле тăшмансемпе нимĕнле йывăрлăхсем те хăрушă мар.

Тачă пĕтĕçнĕ вăй, кĕрешӳре хăрама пĕлмен, хăйĕн çул-йĕрне пĕр иккĕленмесĕр тытса пыракан, йывăрлăхсем умĕнче каялла чакман вăй пулса тăракан парти кирек мĕнле задачăна та пурнăçлама пултарать. Çакна ăна Коммунистсен партийĕ КПСС XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта туса пынă нумай енлĕ ĕç уççăн кăтартса парать. Парти туса ирттернĕ ĕçсем енĕпе, çак вăхăтра пирĕн çĕршывра тата унăн чиккисен леш енче пулса иртнĕ событисен пĕлтерĕшĕ енĕпе илсен, çак тапхăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историйĕнчи, хамăрăн Тăван çĕршыв хăватне ӳстерессишĕн, коммунизм обществи тăвассишĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан кĕрешӳ историйĕнчи чи паллă тапхăрсенчен пĕри пулса тăрать.

Çак тапхăрта партин Центральнăй Комитечĕ парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене çĕнĕрен çирĕплетес, марксизм-ленинизмла политика тытса пынă никĕс çинче коллективлăн ертсе пырас принципа çирĕппĕн пурнăçлас, ертсе пырас ĕçри стильпе меслетсене лайăхлатас тĕллевпе питĕ пысăк ĕç туса ирттерчĕ. Вăл парти массисене халăх массисемпе уйрăм çынсен историри ролĕ çине—марксизм-ленинизм ăнлантарнă пек пăхма вĕрентес тĕллевпе тивĕçлĕ мерăсене пурнăçларĕ. Центральнăй Комитет марксизм-ленинизмшăн ют шухăша—уйрăм çынсене ытлашши пысăка хунине хирĕç татăклăн тăчĕ, уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурас шухăш сарăлни халăх массисен тата партири коллективлăн ертсе пырассине тивĕçлипе хаклamасăр тăрасси патне тата хăш чухне ĕçре пысăк йăнăшсем тăвасси патне илсе пынă пулнă. КПСС Центральнăй Комитечĕ парти речĕсен пĕрлĕхне çирĕплетесси çинчен Ленин панă кăтартусене тĕрĕс пурнăçласа пычĕ. Центральнăй Комитет партипе совет халăхĕн тăшманне, империалистсен хаяр агентне—Берияпа унăн бандине тăрă шыв çине кăларчĕ, вĕсен каварлă ĕçне пĕтерсе хучĕ. Ăна пĕтернипе империализм агенчĕсен планĕсене çĕнĕрен вăйлăн пырса çапнă.

Çаксене пула çĕршывăн государство, хуçалăх тата культура тĕллевĕнчи пурнăçĕн мĕнпур отраслĕсенче партин ертсе пыракан, урăхлатса çĕнетекен ролĕ татах та ытларах ӳсрĕ, парти речĕсен пĕрлĕхĕ çирĕпленчĕ. Коммунистсен партийĕ татах та тачăрах пĕтĕçнĕ вăй пулса тăчĕ. «Халĕ пирĕн парти нихçанхинчен те пĕрлĕхлĕ,—тенĕ КПСС Центральнăй Комитечĕ XX съезда туса панă отчетлă докладра,—вăл Центральнăй Комитет тавра тачă пĕтĕçсе тăрать, çĕршыва аслă Ленин кăтартса панă çулпа шанчăклăн илсе пырать».

КПСС XX съезчĕ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюцире çапла кăтартса панă: партин XIX съезчĕ хыççăн партипе çĕршыв умне тухса тăнă кăткăс та ответлă задачăсем умĕнче Центральнăй Комитет хăйне тивĕçлĕ вырăнта пулчĕ, парти, государство тата хуçалăх строительстви енĕпе тухса тăнă ыйтусене тĕрĕс татса пачĕ, çĕршыва Ленин кăтартса панă çулпа шанчăклăн та çирĕппĕн илсе пычĕ.

Партин идейăлла-политикăлла тата организацилле пĕрлĕхĕ çирĕплени вăл пĕтĕм совет обществин никам çĕмĕреймин идейăлла-политикăлла пĕрлĕхĕнчен, Коммунистсен партийĕ пурне те çĕнтерсе пыракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвне çирĕппĕн пурнăçласа пынинчен килет.

Пирĕн парти речĕсем никам çĕмĕреймин пĕрлĕхлĕ пулни, партипе пĕтĕм совет халăхĕ пĕрлешни коммунизм çĕнтерессе шантарса тăрать.

**П. ПЕТРОВ.**

---

### Работницăсен канăвĕ

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче ĕçлекенсем Кавказри, Крымри тата ытти вырăнсенчи курортсемпе санаторисене, канмалли çуртсене кайма çулленех путевкăсем нумай илессĕ. 1955 çулта 56 çын санаторисемпе курортсенча, 175 çын—канмалли çуртсенче пулнă.

Иртнĕ çул Н. Романов, П. Поздняков, А. Туманцев, А. Хагутин, Р. Павлов тата ытти юлташсем те, санаторисенче пулса, хăйсен сывлăхĕсене çирĕплетнĕ.

Санаторисемпе кану çурчĕсене кайма путевкăсем илме комбинатри профсоюз комитечĕ 1955 çулта 75 пин тенкĕ ытла расходланă, кунсăр пуçне санаторисене кайма предприяти укçипе 11.625 тенкĕлĕх 11 путевка илсе панă.

Пионер лагерĕсенче канакан ачасен шучĕ те çулленех ӳсее пырать. Иртнĕ çул комбинатри рабочисемпе служащисен ачисем пурĕ 150 çын пионер лагерĕсенче пулнă. Ачасен çулла канăвне организацилеме 50 пин тенкĕ яхăн расходланă.

Кăçал кунта санаторисемпе кану çурчĕсене кайма 100 пин тенкĕлĕхе яхăн путевкăсем илме палăртнă.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

### ЭКОНОМИКĂНА ВĔРЕНМЕЛЛИ СЕМИНАР

ВĂРНАР. КПСС райкомĕ çумĕнче промышленность экономикине вĕренмелли семинар ĕçлеме тытăнчĕ. Семинарта предприятисен руководителĕсем, инженерсемпе техникисем тата бухгалтерсем вĕренессĕ.

Пĕрремĕш семинарта райплан председателĕ К. Москалев юлташ «Йывăр индустри—совет экономикин никĕсĕ» темăпа, сĕтел-пукан фабрикин главнăй инженерĕ И. Горбунов юлташ «Социализмла промышленность предприятийĕсене ертсе пырасси» темăпа лекцисем вуласа пачĕç.

### ÇАР АКАДЕМИЙĔ ШЕФА ИЛНĔ АЧА ÇУРТĔНЧЕ

Атăл леш енчи санаторилле ача çуртне нумаях та пулмасть Мускаври Бронетанковăй çарсен И. В. Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ Çар академийĕ шефа илчĕ.

Академирен кунта çырусем килсех тăрассĕ. Нумаях та пулмасть Çар академийĕн начальникĕ — Бронетанковăй Çарсен Маршалĕ С. Богданов Совет Çарĕпе Тинĕс Çар Флочĕ 38 çул тултарнă ятпа саламлă çыру янă. Маршал ачасене сывлăхлă пулма, лайăх вĕренме, воспитательсене — ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçе кирлĕ пек туса пыма ырă сунать.

### КИОСК РАБОТНИКĔСЕН МУХТАВЛĂ ĔÇĔ

КАНАШ. (Хамăр корр.). «Союзпечать» уйрăмĕ хулара çичĕ киоск уçнă. Вĕсем хаçат-журнал, кĕнеке сутас тĕллевпе пысăк ĕç туса ирттерессĕ. Уйрăмах штатра тăман киоскерсем З. Александровăпа А. Киреева юлташсем ăнăçлă ĕçленине палăртмалла. Вĕсем кашни уйăхрах хăйсене панă заданисене ирттерсе тултарассĕ. Иккĕшĕ те пĕрремĕш квартал планне ирттерсе тултарчĕç.

З. Алексеева, М. Лапина киоскерсем те икĕ уйăх хушшинче ĕçсыннисене 12—13 пин тенкĕлĕх хаçат-журнал сутрĕç.

«Союзпечать» уйрăмĕ пĕрремĕш кварталта хаçат-журнал тата кĕнеке сутмалли плана ирттерсе тултарчĕ.

### СТРОИТЕЛЬСТВО МАТЕРИАЛĔСЕМ ХАТĔРЛЕÇÇĔ

МУРКАШ. Мичурин ячĕпе тăракан колхозра обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем чылай тăвассĕ. Иртнĕ çул 300 пус вырнаçмалăх сурăх витн тата 40 пăру валли ăшă вите туса хăртнă. Кăçал сысна витн тума тата 13 гектар йышăнакан сад тавра карта тытса çавăрма палăртнă. Сысна витин никĕсĕ валли юман çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Çак кунсенче строительство бригадинчи колхозниксем вăрманта йывăç хатĕрлессĕ. Колхоз 135 фестметр йывăç илнĕ.

**Н. СТЕПАНОВ.**

### ПЕДАГОГИКА ВЫСТАВКИНЧЕ

Республикăри учительсен çуртĕнче йĕркеленĕ педагогика выставки ĕçлеме пуçланăранпа кунта пилĕк пин ытла экспонат пулнă. 1955 çулта выставка ĕçне активлă хутшăннăшăн республикăри чылай шкулсен, пионерсен çурчĕсен, ача сурчĕсен, ача сачĕсен коллективĕсене, уйрăм учительсене, воспитательсене, сутĕç работникĕсене Чăваш АССР Сутĕç министерствипе пуçламăш тата вăтам шкулсенче ĕçлекенсен профсоюз обкомĕн Хисеп грамотисене парса наградăланă.

**К. СЕРГЕЕВА.**

### Çĕнĕ кĕнекесем

Çак кунсенче Чăвашгосиздат çакăн пек кĕнекесем чăвашла пичетлесе кăларчĕ:

М. Е. ОЗЕРНЫЙ. Кукуруза акса ӳстересси. Тиражĕ 2.000 экземпляр, хакĕ 50 пус.

Кĕнеке авторĕ—Социализмла Ĕç Геройĕ, Сталинла премин лауреачĕ Марк Евстафьевич Озерный. Вăл кукуруза акса тăвас ĕçри опытне паллаштарать, çак çĕнĕ культурăна ӳстермелле агротехникăн уйрăм ыйтăвĕсем тăрăх усăллă канашсем парать.

В. Я. НИКИТИН. Чие çырли. Тиражĕ 2.000 экземпляр, хакĕ 40 пус.

Кĕнекере Чăваш республикин условийĕсенче чие çырли картаесен, садсем ӳстерессн, пысăк тухăçлă çырла туса илесси çинчен çырнă. Вулакан унта усăллă канашсем чылай тупать.

---

### Кино. „Амăшĕ“

«Амăшĕ» роман—тĕнчипе паллă кĕнеке, социализмла реализмăн пирвайхи классикла произведенийĕ. Вăл пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисен, пуринчен малтан—рабочи класăн чи юратнă кĕнеки пулса тăрать, ăна Владимир Ильич Ленин питĕ мухтанă. 1907 çулта, А. М. Горькипе пирвайхи хут тĕл пулсан, В. И. Ленин унпа тӳрех «Амăшĕ» кĕнеке çинчен сăмах пуçласа янă: «Ку кĕнеке—кирлĕскер, нумай рабочисем революцилле юхăма ăнланмасăр, стихийлăн хутшăннă, халĕ вĕсем «Амăшне» хăйсемшĕн пысăк усăпа вуласа тухĕç», тенĕ.

Рабочисем хăйсем те ку кĕнекене В. И. Ленин пекех пысăка хурса хакланă. Вĕсем çак кĕнекешĕн тав туса Горький патне сахал мар çырусем çырнă, «Павелпа унăн амăшĕ пирĕншĕн çутă идеалсем пулса тăрассĕ», тенĕ. «Амăшĕ» пичетленсе тухсанах, ăна французла, нимĕçле, акăлчанла, шведла, болгарла т. ыт. чĕлхесем çине куçарнă.

Кĕнекере пĕр-пĕрине нихçан килĕшме пултарайман икĕ вăй кĕрешнине ӳкерсе персене нимĕн те чăратас çукки, вĕсем самодержавие сирпĕтмеççĕнех кĕрешесси çинчен сăмах калакан сцена асра юлать.

Горький романĕнче Павел амăшĕ—Пелагея Ниловна тĕп вырăнта тăрать. Хăй юратмасăр, ашшĕ ирĕксĕрленипе качча кайнăскер, вăл нихçан та çутă кун курман. Вăл иланах хăраса, пурин умĕнче те чĕтресе, пăхăнса пурăннă. Кайран тин вăл, Павелпа унăн ырă кăмăллă юлташĕсене пула, хăраса пурăнма пăрахать, ывăлĕ революцийĕ ĕçе хутшăнсан ăна пулăшма тытăнать, юлашкинчен вара хăюллă та ирĕклĕ кĕрарăм, ăнланулă революционерка пулса тăрать, хăй çине илнĕ хăрушă ĕçе пăнкăнах туса пырать.

В. Марецкая артистка Пелагея Ниловнăна шăп та ăнтă çавăн пек кăтартать. Малтанах Марецкая-Ниловна упăшкинчен хăраса, чĕмсĕр пурăнать. Епле мĕскĕн вăл упăшки ĕçрен таврăнсан! Халр та чул пек хытса ларнă чунлă упăшкине хирĕç вăл нихçан та пĕр сăмах калама хăяс çук... Епле ыратать унăн чĕри Павел пирвайхи хут ĕçсе ӳсĕрĕсен! Анчах пурнăç улшăнать. Павел «кудана чарнă» кĕнекесем вулапине пĕлсен, Ниловна хăйшĕн мар, ывăлĕшĕн хăрама пуçлать, вăл ăна хурăх пуласран хăтарасшăн... Ывăлне жандармсем пĕрремĕш хут арестлесен, Ниловна турра кăл туса лăпланасшăн, анчах сăх-сăхма çĕкленĕ алли чарăнса тăрать, вăл сăхсăхма та пултараймасть, мĕншĕн тесен турра шанми пулать. Çав сценăна артистка питĕ вăйлă, хумхантармалла кăтартса парать.

Кунтан-кун улшăнать, ӳсет Ниловна. Акă питĕ вăл фабрикăра листовкăсем салатать. Ывăлĕ тĕрмере пулсан та, харăслă вăл халĕ, мĕншĕн тесен хăй ывăлĕн ĕçне тӳнине çав тери лайăх ăнланать...

Демонстраци хыççăн Павел тепĕр хут тĕрмене лекме пултарасси çинчен пĕлсен, Ниловна пичĕ тăрăх каллех куççульсем юхса анассĕ, анчах халĕ вăл макăрма та пăрахать, хăйĕн кăмăлне хытарать, куççулĕ витĕрех кулса илме тăрăшать, вăл хăйĕн ывăлĕ хăрушлăх умĕнче чарăнса тăрас çуккине курса мăнкăмăлланать.

Юлашки сценăра вара Ниловна—чăнчăн халăх паттăрĕ, нимрен те хăраман, таса чĕреллĕ вырăс хĕрарăмĕ. Ывăлĕпе унăн юлташĕсене суд тунă хыççăн вăл каллех прокламацисем сарма кайма тухнă. Анчах вокзалта ăна шпион палласа илет. Ниловнăна тытассĕ. Тин сăлăнасси пулас çук. Çапла пулин те, вăл сухаласа кайнасть, чемоданĕнчи листовкăсене ывăç-ывăçпе туртса кăларса, вĕсене халăх хушшинелле ывăтса сапалама тытăнать.

— Халăх, хăвăн вăйна пĕр çĕре пухса пĕтĕçтер! Нимрен те ан хăрар! Юна тинĕс пек юхтарсан та, чăнлăха сӳнтереймĕç!..—хĕрӳллĕн чĕнет вăл халăха.

Халăх, паллах, ун майлă...

Фильмри ытти геройсем те асра юлассĕ. Вĕсем хушшинче уйрăмах П. Усовниченко артист вылякан Рыбин сăнарĕ вăйлă пулса тухнă. Рыбин—кăткăс характерлĕ çын, вăл çурри—хресчен, çурри—рабочи, революци пирки унăн çирĕп те йĕркеллĕ ăнланусем çук-ха, «улнутсене» (революци ĕçне хутшăннă интеллигенцие) шанмасть вăл, халăха пăхатса сӳреме пĕччен тухса каять.

— Ан тив, тытса хупчăр мана, анчах вуĕ тухатăп та каллех хам ĕçе тăватăп!—тет вăл татăклăн.

Чăнах та вăл çапла тăвать. Пĕр яла ăна стражниксем тытассĕ те ним пĕлми пулиничченех хĕнесе тăнассĕ. Сын анчĕ, темелле, анчах та çук иккен. Рыбин—тем пысăкăш, паттăр пĕлоткелĕскер, ура çине тăрать те каллех халăха пăхава чĕнет...

Павел Власовăн çывăх тусне—украинец Андрей Находкăна А. Петров лайăх вылять (уйрăмах Ниловнăна хутла вĕрентнĕ сцена аван), анчах ку сăнар романринчен каярах тăрать, темелле. Саша, Софья, Николай Иванович сăнарĕсем те питĕ кăмăла кайассĕ, анчах вĕсене те фильмра вырăн сахалтарах панăн туйăнать.

Тăшмансене те ăнентерӳллĕ кăтартнă. Фабрика директорĕ рабочисене çынсем вырăнне те хумасть, вĕсем çине йĕрĕнсе кăна пăхать; Исайка Горбов—кантурти служащи—чăн-чăнах ăнтă хуçа йытти. Тĕрмери надзиратель, судьясем—пурте вĕсем этем сăн-сăпатне тахçанах çухатнă тискер кайăкла çынсем.

«Амăшĕ» фильма картакансем пысăк та усăллă ĕç тунă, романри чылай вырăнсене синтерсе хăварма тивнĕ пулсан та, вĕсем интереслĕ, хумхантаракан кинопроизведени туса кăларма пултарнă.

Юлашкинчен çакна калас килет. Иртнĕ ик-виçĕ çул хушшинче пирĕн лайăх фильмсене чылайăшне чăвашла куçарса кăларнине куртăмăр. Ку питĕ аван. «Амăшĕ» фильма та чăвашла куçарсан аван пулĕччĕ.

**А. ЛЕОНОВ.**

Пĕр вичче—рабочисем, рабочи класпа тачă çыхăннă революцилле çамрăксем,—вĕсем рабочи класс хушшинче марксизмăн революцилле теорине сарассĕ. Рабочисем хресченсене те пулас кĕрешӳ валли организацилесе пырассĕ. Ĕçсыннисен телейĕпе ирĕклĕхĕшĕн пĕтĕм чунне парса, нимрен хăраса тăмасăр кĕрешекенсен—çамрăк рабочи Павел Власовпа унăн амăшĕ Пелагея Ниловнăн, Находкăн, Сашăн, Софьăн, Николай Ивановичăн, Рыбинăн тата ыттисен сăнарĕсене Горький çав тери тĕплĕн, юратса ӳкерсе панă.

Тепĕр вичче—рабочисен юлашки пĕр пуçне пăчăртаса кăларакан капиталистсем, вĕсен сутăнчăк тарçисем, патша сучĕ, патша жандармĕсемпе шпионĕсем.

Романра рабочисен революцилле кĕрешĕвĕн нумай тата тĕрлĕ енĕсене кăтартнă. Унта экономикăлла кĕрешӳ те пур («шурăлăх пĕр пусĕ»), рабочисен кружокĕсене организацилени те, «листовксем» (прокламацисем) салатни те, демонстраци те, патша салтакĕсене тытăçни те, суд та, ялта революцилле пропаганда сарни те,—пĕр сăмахпа, революцилле ĕçĕн чи характерлă енĕсене пурне те çутатса панă. Горькирен малтан çаксене никам та кăтартса паман, çавăнпа та ăнтă «Амăшĕ» роман тĕнче литературинче хăйне уйрăм вырăн йышăнакан чылай произведени пулса тăрать.

«Амăшĕ» романпа унăн пĕлтерĕшĕ çинчен эпир аталасах чарăнса тăтăмăр, мĕншĕн тесен ун тăрăх тунă фильма кĕнекери геройсемпе событисене кăтартса панă. Акă, экран çинче эпир кун каçа ывăнса çитнĕ, хăрăмланса пĕтнĕ хуп-хура сăнлă çынсен фабрика хапхинчен тухса ылчăклă урамсем тăрăх килĕсене салатнине куратпăр. Питĕ салху вĕсем, чĕмсĕр...

Ытла хатах та мар рабочи Михаил Власов, ăнĕрне тӳсме çук йывăр ĕçре ирттерчĕскер, нихçан нимĕнпе сăвăнăç курманскер, хуйхи-суйхине ерех ăшĕнче путарнă, ним айăпсăр арăмне тискеррĕн хĕненĕ. Пани та арăмĕ ăна çав тери хăраса кĕтсе илет. Упăшки каллех ĕçсе ӳсĕрлет, макăра-макăра юрлать, анчах юрри унăн—хурлăхлăн ӳлени кăна.

Сасартăк вăл вилсе каять. Питĕ нимĕнĕн йĕсатассĕ ăна масар çине—тупăк хыççăн ик-виçĕ çын тата хăйĕн йытти сос пырассĕ.

...Власовăн ывăлĕ Павел та ашшĕ пек пулма тăрăшать: ĕçрен таврăнать те ерех ыйтать, ӳсĕрлсен ашшĕ евĕрлех юрлама тăрать. Калама та çук хурлăхлăн пăхать ун çине амăшĕ, унăн пичĕ тăрăх куççулĕсем шăпăртатса анассĕ.

— Кун пек тумалла марччĕ... Санăн та пулин хĕрхенесчĕ хуть аннӳне!—тет вăл.

Амăшĕн çак сăмахĕсем Павела уралтарассĕ кăна мар, вĕсем ун чĕрине пырса тивессĕ. Вăл чăн та кун пек тума юраманнине ăнланса амăшĕнчен каçару ыйтать.

— Ан макăр, анне! Ĕçмастĕп эпĕ, ĕçместĕп, анне!—пĕтĕм чĕререн кăшкăрать те Павел, хăй те макăрса ярать.

Çакăн хыççăн вара Павел пуçĕпех улшăнать. Ытти çамрăксем пек ĕçсе, çапăçса, ашшĕнсе сӳремест вăл,—ытларах кĕнекесем вулать. Революционерсемпе, социал-демократсемпе çыхăннипе унăн тавракурăмĕ ӳсет, вăл ăнланулăн шухăшлама пĕлекен пулса пырать, юлашкинчен революцишĕн паттăррăн кĕрешекен, халăх телейĕшĕн хăйĕн телейне пама хатĕр çын пулса тăрать.

Фильмра Павел сăнарне çамрăк артист А. Баталов ăнентерӳллĕ вылять, ăна вăл, романри пекех, ăслă, хăюллă, тӳрĕ кăмăллă, хăй тĕрĕс çулпа пынине çирĕппĕн ăненекен çын пек кăтартать. Уйрăмах Павел судра самодержави йĕркине тăрă шыв çине кăларса, ăна питлесе, рабочи-революцио

## *Кашни киле—хаçат-журнал*

ВĂРНАР. «Большевик» колхоз письмоносецĕ Х. Кожанова юлташ хаçатсемпе журналсене тата çырусене ĕçсыннисем патне яланах вăхăтра леçсе парать. Камăн та пулин подписка срокĕ тухсан, ăна малашне те хаçат илсе тăма укçа тӳлеме кирли çинчен аса илтерет. Вăл тăрăшнипе ялти кашни кил хаçат е журнал илсе тăрать. Хальхи вăхăтра яла «Коммунизм ялавĕ» хаçат 60 экземпляр, «Çамрăк коммунист»—14 экземпляр, «Советская Чувашия»—[illegible] экземпляр, «[illegible]» журнах—5 экземпляр тата ытти хаçатсемпе журналсем нумай пырса тăрассĕ.

Кунсăр пуçне ялти клуб валли хаçат-журнал нумай çырăнса илнĕ.

**Н. КОРАКОВ.**

КАЛИНИНО. «Трактор» колхоз членĕсемпе ялти интеллигентсем пĕçал хаçатсемпе журналсем нумай илессĕ. Халĕ колхоз тĕрлĕ хаçатсем 181 экземпляр, тĕрлĕ журналсем—30 экземпляр, е пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах илет.

Колхозра çиччĕмĕш çул ĕнтĕ А. Киселев юлташ письмоносецра ĕçлет. Вăл хăйне шанса панă ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пырать, кирек мĕнле çанталăкра та хаçатсемпе журналсене подписчиксем патне вăхăтра çитерет.

**А. ФИЛИППОВ.**

ВĂРНАР. Сталин ячĕпе тăракан колхоза «Коммунизм ялавĕ» хаçат 57 экземпляр, «Советская Чувашия» — 23 экземпляр, Мускавра тухакан тĕрлĕ хаçатсем—50 экземпляр ытла килсе тăрассĕ.

Колхоз письмоносецĕ Юлия Чернова тăрăшса ĕçлет. Ялти ĕçсыннисем пурте тенĕ пекех хаçат е журнал илсе тăрассĕ.

**И. СОКОЛОВ.**

# Совет хĕрарăмĕсем, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарассишĕн хастарлăн кĕрешĕр!

Ӳкерчĕк çинче: Улатăрти хуткупăссем тăвакан фабрикăра ĕçлекен К. Климина тата К. Егорова юлташсем хуткупăссен корпусĕсене çыпăçтарнă çĕрте ĕçлеççĕ. Вĕсем ĕç нормине куллен 170—180 процент таран тултарса пыраççĕ.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Тата лайăхрах ĕçлес килет

Эпĕ утмăл çула çитнĕ ĕнтĕ. Çак вăхăт хушшинче хамăн пĕтĕм ăнлануллă пурнăçăма чăваш халăхне çутта кăларас ĕçе патăм. Кăçалхипе хĕрĕх пĕрремĕш çул учительница пулса ĕçлетĕп. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви манăн ĕçе пысăка хурса хакларĕç. Халăха çутта кăларас, çамрăк ăрăва вĕрентсе воспитани парас тĕлĕшпе нумай вăхăт хушши тӳрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн мана чи хаклă награда — Ленин орденĕ панă.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăхăн пурнăçне пĕрмаях лайăхлатассишĕн, культурăна малалла аталантарассишĕн ырми-канми тăрăшаççĕ. Çакна эпир КПСС XX съезчĕн решенийĕсенче те питĕ лайăх куратпăр. Съезд йышăннă тăрăх улттăмĕш пилĕкçуллăхра хуласенче тата ялсенче ачасене çамрăксене пурне те вăтам пĕлӳ парассине тĕпрен илсен пурнăçлама, пилĕкмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, шкулсем хартассине икĕ хута яхăн ӳстерме палăртнă. Çавăн пекех съезд шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас, политехникăлла вĕренӳне аталантарас тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Партин XX съезчĕн материалĕсене вулатăн та, вĕсенче Коммунистсен партийĕ халăх ырлăхĕшĕн, пирĕн аслă Тăван çĕршыва чечеклентерессишĕн тăрăшассине вимрен мала хуни яр-уççăн курăнса тăрать.

Халĕхпĕн, ӳссе çитĕнекен çамрăк ăрупа, хĕрарăмсемпе ватă çынсемшĕн тăрăшни социализм çĕнтерĕ çĕршывра кăна пулма пултарать. Акă мĕншĕн ĕнтĕ чун-чĕре савăнмаллипех савăнать, халăх телейĕшĕн, çамрăк ăрăва вĕрентсе коммунизма воспитани парассишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлес кăмăл пихсанхинчен те ытларах çĕкленет, ватă пулин те, шкулта нумай-нумай çулсем хушши ĕçлес килет.

Е. ГРИГОРЬЕВА.
Йӳçкасси вăтам шкулĕн учительници.

Муркаш районĕ.

## Халăх тивĕçĕ

Мана çамрăк ăрăва воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлекен рядовой работницăна, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездĕнче пулма тӳрĕ килчĕ. Историри пысăкран та пысăк çак событи пĕтĕм ĕçсынине чун-чĕререн савăнтарать, коммунизм строительствинче ӳсĕмсем тума мĕнпур вăй-хăвата çĕклентерет. Съезд ĕçĕсене хутшăнни мана мĕн тери хаваслантарнине каласа пама сăмахсем те çитес çук.

Историлле съезд йышăннă решенисенче, Н. С. Хрущевпа Н. А. Булганин юлташсен доклачĕсенче тата ытти нумай делегатсем тухса каланă сăмахсенче, тăванла коммунистсем тата рабочи партисем янă саламлă çырусенче, хамăр тунă çĕнтерӳсенче эпир хамăр Тăван çĕршыв хăватланса пынине, унăн тĕнчери авторитечĕ мĕн тери ӳссе пынине пурсăмăр та лайăх куратпăр.

XX съезд Коммунистсен партийĕпе халăхсем хушшинчи çирĕп пĕрлĕхе, совет çыннисем улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе съезд панă Директивăсене пурнăça кĕртме мĕнпур вăй-хăвата парса кĕрешме хатĕр пулнине, ĕçсыни массисем парти тавра тачă пĕтĕçсе тăнине тепĕр хут кăтартса пачĕ.

Съезд решенийĕсенче пирĕн парти ĕçсыннисемшĕн, вĕсен телейĕ ырлăхĕшĕн тăрăшнине пурсăмăр та питĕ лайăх курса тăратпăр. Акă мĕншĕн ĕнтĕ пирĕн халăх парти ĕçĕ çине хытă шанса тăрать.

Ĕç кунĕсене кĕскетес, пенси тӳлес ĕçе лайăхрах йĕркелес, пурне те вунă çултан вăтам вĕрентмелле тăвас, наукăна тата культурăна аталантарас тĕлĕшпе йышăннă решенисем ĕçсыннисене савăнтараççĕ, лайăхрах ĕçлеме хавхалантараççĕ. Съездра пирĕн ӳссе пыракан çамрăк ăрăва воспитани парас тата унăн сывлăхĕшĕн тăрăшас ыйтусене те тĕплĕн сӳтсе явнă.

«Социализм çĕршывĕ ачасене воспитани парас ĕçе,—терĕ съездра КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ,—темиçе хут лайăхрах туса пыма пултарать, çапла тумалла та ĕнтĕ, мĕншĕн тесен пирĕн халăха çав тери хăрĕçле аристократсен уйрăм енйне мар, çĕнĕ общество строителĕсене, пысăк та таса чунлă, пысăк ĕмĕтлĕ, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн малти ретĕнче пыракан, хăйĕн халăхĕшĕн тăрăшакан çынсене ӳстермелле».

Çак задачăна пурнăçлас ĕçре вĕрентекенсене ĕçе хăнăхтарса пыни, практика енĕпе хăнăхтарса пыни пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Пирĕн республикăри хăшпĕр шкулсен коллективĕсем вĕренекенсене политехникăлла пĕлӳ парас, практикăлла ĕçе хăнăхтарса пырас тĕлĕшпе лайăх опыт пухрĕç. Çак паха опыта пирĕн малашне ытларах сарса пымалла. Завод цехĕсенче, МТС-сенче занятисем тата экскурсисем ирттерни, промышленноçри тата ялхуçалăх производствинче малта пыракансемпе тĕл пулни, лайăх туса хатĕрленĕ мастерскойсенче ĕçлеттерни—çаксем пурте вĕренекенсене хăйсене кăмăлла килекен ĕç çулĕ çине тăма, производство профессине суйласа илме пулăшаççĕ.

Анчах та вĕренекенсен малашлăхĕшĕн тăрăшассине пĕртен-пĕр учительсен коллективĕсем кăна туса пыни çитеймест. Çамрăксене воспитани парасси шкулсен, ача амăшĕ-ашшĕсен тата пĕтĕм общественноçăн тивĕçĕ пулса тăрать. Партипе комсомол организацийĕсем, совет общественноçĕ, ача ашшĕ-амăшĕсем тачă çыхăнса ĕçленĕ çĕрте кăна вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăх йĕркелесе яма пулать. Иккĕленмелли çук, пирĕн республикăри çутĕç работникĕсемпе мĕнпур общественность çамрăк ăрăва вĕрентес тата воспитани парас тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăça кĕртессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлĕç.

Л. БОГАТЫРЕВА.
КПСС XX съезчĕн делегачĕ.

## Ĕçпе ответлетпĕр

Октябрьти Социализмла аслă революци çеç пире ăлăхри пусмăртан ирĕке кăларчĕ. 1930 çултанпа эпир колхозра ĕçлесе пурăнатпăр, унтанпа пирĕн колхоз çултан-çул аталанса пырать.

Кăçалхипе пиллĕкмĕш çул ĕнтĕ эпĕ хамăрăн «1905 год» колхозра доярка пулса ĕçлетĕп. Эпир, колхозницăсем, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕç хĕрарăмĕсемшĕн тăрăшнине, пирĕн ĕçе пысăка хурса хисеплениве куллен туйса тăратпăр.

Иртнĕ çулта эпĕ хама çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.635 килограмм сĕт суса илтĕм. Малта пыракан доркăсемпе пĕрле мана та Мускава Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине ячĕç. Унта курса çӳрени пирĕншĕн пысăк шкул пулчĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн кăтартăвĕсене пурнăçласа, пирĕн колхозниксем выльăх апачĕ нумайрах хатĕрлеме тăрăшрĕç. Сăмахран, И. Ефимов юлташ ертсе пыракан бригада кашни гектартан 400 центнер ытла выльăх кăшманĕ туса илчĕ.

Хамăрăн вăйсене тата майсене шутласа, эпир 1955—1956 хуçалăх çулĕнче пĕтĕм фермипе кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.400 килограмран кая мар сĕт суса илме йышăнтăмăр. Ку вăл иртнĕ çулхинчен 700 килограмм нумайрах пулать.

Йышăннă обязательствăна чыслăн пурнăçлама тăрăшатпăр. Хуçалăх çулĕн пирвайхи пилĕк уйăхĕнче кашни ĕнерен 600 литра яхăн сĕт суса илтĕмĕр ĕнтĕ.

Хĕрарăм—колхозра пысăк вăй, тесе вĕрентет пире парти. Тăрăшса ĕçлетпĕр пулсан, пирĕн тупăшсем те ӳссех пыраççĕ. 1955 çулта эпĕ 780 ĕçкунĕ турăм, çавăншăн колхозран 170 пăт тырă, 1.400 тенкĕ укçа тата ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркепе 150 литр сĕт тата пĕр пăру илтĕм. Вăтам хакпа шутласан та манăн уйăхри ĕçукçи 600 тенкĕрен иртет.

Эпĕ икĕ ывăл çуратса ӳстертĕм. Вĕсем, колхозра ӳссе, çулăхна асамлăха курнарĕç. Аслă ывăл Александр 10-мĕш, кĕçĕнни—Павел 7-мĕш класран вĕренсе тухрĕç, халĕ иккĕшĕ те Совет Çарĕн служби-нче пурăнаççĕ. Çитес çынăх вăхăтра Александр киле таврăнасса кĕтетĕп.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн ĕçĕсене эпир куллен сăнаса тăтăмăр, халĕ съезд йышăннă решенисене вĕренетпĕр. Парти хĕрарăмсен пурнăçĕпе ĕçне çăмăллатма тăрăшни çинчен калакан сăмахсем пирĕн чĕресене кăрсе вырнаçаççĕ.

Е. ВИКТОРОВА.
Çĕрпӳ районĕнчи «1905 год» колхозри доярка.

## Цехри хĕрарăмсем

Кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче цех начальникĕн кабинетне вăтам пӳллĕ, сăнпуçран ватах мар хĕрарăм пырса кĕчĕ. Те ĕç вăхăтĕнчи тумтир тăхăннăран, вăл çинпуçне пăхса илчĕ те именнĕ пек пулчĕ.

— Каçарăр чăрмантарнăшăн, — терĕ вăл цех начальникне Вячеслав Павлович Троидин юлташа. — Эпĕ пĕр ыйтупа килтĕм. Завод çĕнĕ çурт туса пĕтерет. Мана пĕр хваттерне парсан тем пекехчĕ, халĕ пурăнакан хваттер пĕчĕкрех.

Цех начальникĕ унăн ыйтăвне тивĕçтерме пулчĕ. Унтан вăл ĕçсем мĕнле пыни çинчен ыйтса пĕлчĕ.

— Енер нормăна 180 процент тултартăм, — кăмăллăн каласа пачĕ хĕрарăм.— Паян тата ытларах тултарма шутлатăп.

— Маттур хĕрарăм, — терĕ цех начальникĕ работница тухса кайсан. — Производство йĕркине аван пĕлет, пĕр браксăр ĕçлет. Канаш районĕнчи Ахпӳрт ялĕнчен вăл — Мария Никонорова. Ун пеккисем пирĕн цехра чылай, коллективра 70 процента яхăн хĕрарăмсем шутланаççĕ.

Мария Никонорова завода 18 çул каялла килсе кĕнĕ. Малтанах ăна, нимĕнле професси çук хĕрачана, рядовой рабочие илнĕ. Çулталăк хушшинче торцовальнăй станокпа ĕçлеме вĕренсе çитнĕ. Чăн та, малтанхи вăхăтра вăл сахал мар чăрмавсем тӳснĕ, ĕç нормине те йĕркеллĕ тултарса пырайман. Анчах çине тăрса вĕренни ăна йывăрлăхсене çĕнтерсе пыма пулăшнă. Каярахпа вара Никонорова юлташ нормăна ирттерсе тултарма тытăннă. Халĕ акă вăл туса кăларакан продукцие ялан «отличное» пахалăхпа йышăнаççĕ. Ку çеç те мар, юлашки çулсенче Никонорова юлташ ытти станоксемпе ĕçлеме те хăнăхнă.

Никоноровăран ниçех мар Пелагея Алексеевна Костычева ĕçлет. Вăл Мордва республикинчен килнĕ. Заводра çирĕммĕш çул ĕçлет.

— Çак вăхăт хушшинче эпĕ питех те пысăк çула утса тухрăм, — каласа парать вăл.—Уборщицăран ăста специалист пулма пултартăм. Капитализм çĕршывĕсенче хĕрарăм çавăн пек ӳсса пыма пултарать-и? Çук, вăл пирĕн Тăван çĕршывра çеç пулма пултарать.

Костычева юлташ пуçламăш шкултан çеç вĕренсе тухнă пулнă. Завода килсе кĕрсен хăйĕн пĕлĕвне ӳстерессишĕн чылай тăрăшнă, техминимум кружокне вĕренме çӳренĕ. Тăрăшни сая кайман. Халĕ ĕнтĕ цехра вăл ĕçлеме пултарайман станок та çук. Вăл полировщица, сушильщица, торцовщица специальноçĕсене вĕренсе çитнĕ, пусăр пуçне циркульнăй, сверильнăй тата тăватă енлĕ станоксемпе те ĕçлеме пĕлет.

П. Костычева юлташ хăй тăрăшса ĕçленипе пĕрлех, сахал мар работницăсене специальность илме пулăшнă. Ку çеç те мар, вăл юлашки çулсенче икĕ ачана усрава илсе вĕсене телейлĕ пурнăç çулĕ çине тăма пулăшрĕ. Вăл пăхса ӳстернĕ Александр Шабалов чугун çул училищинчен вĕренсе тухрĕ, слесарь пулма пултарчĕ. Халĕ вăл Совет Çарĕнче. Тепĕр ачи Маруся тăхăр çул вĕреннĕ хыççăн, завода ĕçлеме кĕрсе, токарь ĕçне вĕренсе çитрĕ.

Агриппина Васильева тăватă енлĕ строгальнăй станокпа ĕçлеме пуçланăранпа çичĕ çул иртрĕ. Ку кăткăс станок. Станокка тĕплĕн пĕлмесен йĕркеллĕ ĕçлеме çук. Анчах Васильева юлташ ăна лайăх вĕренсе çитнĕ. Станокăн кашни пайĕ, кашни винти ăста ларнине, вĕсем мĕнле ĕçленине станочница лайăх пĕлет. Çавăнпа унăн станокĕ ялан пĕр тикĕс ĕçлет. Норма тăрăх сменăра 450 штук вагон хăмисем савалamalла. Çак станокпа ĕçлесе Васильева юлташ кашни сменăрах 650—700 штук хăма савалать.

Цехăн тепĕр пуçĕнче столярнăй уйрăмĕ. Кунта купи-купипе йывăç решеткăсемпе хăмасем купаланса выртаççĕ. Иккĕмĕш уйăх кунта уйрăм задани тăрăх пахча çимĕç турттармалли вагонсем валли решеткăсем тăваççĕ. Ку—арçын ĕçĕ, темелле. Анчах столярсем хушшинче хĕрарăма та куратăн. Вăл—Мария Панфилова юлташ. Столяр ĕçне ăста пĕлет вăл. Ахальтен мар смена хушшинче 20—23 штук решетка туса хатĕрлесе, нормăна 150—170 процент тултарать.

Панфилова юлташ столяр ĕçне çеç мар, фрезернăй, токарнăй станоксемпе те ĕçлеме пĕлет. Вăл ФЗО шкулĕнчен вĕренсе тухнă. Производствăра лайăх тĕслĕх кăтартнăшăн хастарлă работницăна «Отличный вагонник» значок, темиçе хутчен хисеп грамоти парса наградăланă.

Хĕрарăм-работницăсем обществăлла ĕçе те активлă хутшăнаççĕ. Цехри агитаторсенчен 80 проценчĕ хĕрарăмсем. Вĕсем хушшинче ĕç нормине 170 процент таран тултарса пыракан станочница, дорпрофсож президиумĕн членĕ, чугун çул работникĕсен профсоюзĕн пĕтĕм союзри съезчĕн делегачĕ пулнă Анна Бонифатьева, торцовщица Инна Кисликова комсомолка, мастер Таисия Неумывайченко, хула Совечĕн депутачĕ, станочница Варвара Порфирьева юлташсем. «Деревообделочник» стена хаçат редакторĕ те хĕрарăм — Юлия Белова юлташ.

— Хĕрарăмсем ĕçлемен вырăн çук, пур ĕçре те вĕсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ,—каласа парать парторганизаци секретарĕ Петр Петрович Петров юлташ.

Цехри чылай хĕрарăмсем пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе, квартал планне ирттерсе тултарнипе палласа тăваççĕ. Партин XX съезчĕн решенийĕсем вĕсене çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. Халĕ кашни работница ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, ытларах та лайăхрах продукци туса кăларассишĕн тăрăшать.

Х. ЛИСИН.

### ПИН ХУТ МУХТАВ!

Манмастăп эп нихçан та, ĕмĕрне те
Тăван анне çапла каланине:
«Ача чух мар, ӳсся çитсен вĕрентĕм
Алă пусма йĕркелĕн хут çине.

Хут-кĕнеке тыттарчĕ мана Ленин,
Вĕрентрĕ Ленин пулама, çырма,—
Уничченхĕн-хур хĕсĕрлесе çитернĕ
Хĕрарăма кун пачĕ пурăнма.

Телейĕн те ханасси пурăнатпăр
Чечекленен çĕршыва ырлăхĕнче.
Асамлăха ярăтнă çут Октябрь
Йăлтăртатать кашнийĕн чĕринче.

Ентĕ эпир хисеплĕ пур ĕçре те,
Вăй-хал кĕрет тĕпелшĕн кăна мар.
Чун-чĕререн, хăюллăн кĕрешетпĕр
Çитĕнӳсем тăвасшăн çĕршывра.

Тăван çĕршыв! Юратнă аслă парти!
Çĕр хут мухтав, пин хут мухтав сире!
Сире хаваслăн, ăшшăн тав тăватпăр
Ĕмĕрлĕхе чыс панăшăн пире!»

Анне пурнать. Хăй ватăлать пулин те,
Ун кăмăлĕ нихçан та ватăлмасть.
Хаваслăхĕ татах, татах çĕкленет,
Пурнăçĕне пултартăр савăнма!

Иван МАЛГАЙ.

Ӳкерчĕк çинче: Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри доярка А. Абрамова. Вăл иккĕмĕш çул ĕнтĕ «Республикăри чи лайăх доярка» ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Абрамова юлташ кăçалхи 4 уйăхра кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.090 килограмм сĕт суса илнĕ.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Настя Кирикова

Иртнĕ кĕркунне эпир Настя Кириковăна Сталин ячĕпе тăракан колхоз итемĕ çинче тĕл пултăмăр. Уйăх суттипе çынсем авăн çапма хатĕрленетчĕç. Вадим Белов трактор моторне хускатса ячĕ. Колхоз итемĕ сутăпа суталса кайрĕ, молотилкăн тикĕс сасси илтĕнчĕ. Сутă ӳкнĕ çĕрте молотилка умĕнче Настя Кирикова тăрать. Вăл машина шавне тимлĕн итлет. Пĕр тикĕс ĕçлет молотилка. Ку вăл Настя Кирикова машиноведăн вунтăваттăмĕш кĕрĕ пуçланчĕ.

«МК-1100» молотилкăна пĕр кунта çапмалли нормăна Кирикова бригади яланах ирттерсе тултарнă. 12 тонна вырăнне вăл кашни кунах 16 тонна таран çапнă.

Иккĕмĕш çул Настяна пĕрле Вадим Белов тракторист ĕçлет. Малтанхи çулсенче Настяна час-часах ĕçре пулăшса пыма тивнĕ пулсан, халĕ ĕнтĕ вăл техникăна пĕтĕмпех вĕренсе çитнĕ. Вăл хăйĕн пĕлĕвне çамрăксене парса пырать. Машиноведсем çинчен калаçнă чухне МТС-ра яланах Кирикова ятне асăнаççĕ.

Ытти çулсенче вăл кĕр тăршшинче 600—700 тонна çапса илнĕ. Вунтăваттăмĕш кĕрте Настя Кирикова машина витĕр кăларнă миллион пăт шутĕнчен юлнă пин пăтне çапса илнĕ. Миллион пăт! Ăна тиесе яма 40 вагонран тăракан 25 чугун çул эшелонĕ кирлĕ.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ ĕçленĕ кунсенче Настян пĕтĕм шухăш-ĕмĕчĕ Мускав енне туртăнчĕ. Съезд решенийĕсене вăл пĕтĕм чун-хавалĕпе ырласа йышăнчĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра колхозра ĕç тухăçлăхне икĕ хут ӳстермелле. Ку задачăна пурнăçлас пулсан, государство паракан пуян техникăпа пĕлсе усă курмалла. Ĕçе юратакан Настя Кириковăн опычĕ аллинче вара ку техника малашне те калама çук пысăк вăй пулса тăрĕ, колхоз ĕçченĕсен ĕçне çăмăллатĕ.

А. ПЕТРОВ.
Е. АФАНАСЬЕВ.

Хĕрлĕ Чутай районĕ.

## Пĕр сменăра

Пир тĕртекен фабрика. Нихсенче станоксен сасси пĕр вĕçĕмсĕр кĕрлесе тăрать. Çынсем калаçнине те илтме çук—вĕсен сассисене машинăсем шавлани путарса ларать. Цехра ытларах хĕрарăмсем: ткачихăсем, заряжальщицăсем, мастерсем тата ытти специалистсем ĕçлеççĕ.

...Эпир иккĕмĕш цехри пĕрремĕш смена ĕçлекен участокра. Кунта та, ытти çĕртипекех, хĕрӳ ĕç пĕр саманта та чарăнмасть. Пĕрисем станоксене хайлаштарса яраççĕ, теприсем пушаннă йĕкесем вырăнне тулли йĕкесем вырнаçтарса тухаççĕ, е татăлнă çиппесене тĕвĕлесе çыпса яраççĕ. Хастар ĕçлекен хĕрсем çиçе пăхатăн та чун-чĕререн хĕпĕртетĕн. Вĕсен алли витĕр пин-пин метр шурă пир тухать. Комбинат куллен 140 пин метр пир-авăр тĕртсе кăларать. Кашни метр, кашни аршăн пир тăрăхне хĕрарăмсем тĕртнĕ. Комбинатра работницăсене хастарлă ĕç савăнăç кӳрет.

Иллĕк, патша саманинче вам шутлама пултарнă-ха хĕрарăмсен телейлĕ пурнăç çинчен? Хăн-хур тӳсе, çап-çурăма хусакан йывăр ĕçпе писсе пурăннă ун чухне хĕрарăм. Чăваш совет поэзин никĕсне хываканĕ Сеспĕл Мишши чăваш хĕрарăмĕн асапла пурнăçне çапла сăнласа панă:

Хура-шур анчах курнашкăн
Кам çураса ӳснĕ?
Сут тĕнчере йывăр хурлăх
Кам ытларах тӳснĕ?
. . . . . . . . . . . .
— Камăн вăл кун-çулĕ йывăр,
Хурлăхлă кун-çулĕ?
Чăваш арăмĕн пулмасăр
Камăн тата пулĕ?

Ĕмĕрлĕхех иртсе кайрĕ мăкăлă самана. Пурнăç тĕпренех улшăнса çĕнелчĕ. Хĕрарăмсем арçынсемпе танах производствăра ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсен пархатарлă ĕçĕпе чун-чĕререн хĕпĕртеççĕ. Вĕсем вĕçĕмсĕр пелейлĕ. Çак телее, савăнăçлă пурнăça хĕрарăмсене Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви панă. Вĕсен пĕртанлăх прави çинчен СССР Конституцийĕнче ылтăн саспаллисемпе çырса хунă.

Сменăри нумай ткачихăсем çамрăк. Вĕсем патша саманине асапла пурнăçĕ çинчен кĕнекесем тăрăх тата ашшĕ-амăшĕсем каласа панипе кăна пĕлеççĕ. Вĕсем совет влаçĕн çулĕсенче ӳссе çитĕнни. Комбинатра ĕçлекен хĕрсенчен нумайăшĕ вис-тăваттĕ çул каялла кăна чăваш ялĕнчи колхоз пирĕсенче ĕçленĕ: тырă вырнă, утă çулнă, выльăх-чĕрлĕх пăхнă. Халĕ, акă, çав хĕрсем кĕске срокрах кăткăс станоксене ĕçлеттерме вĕренсе çитнĕ.

Христина Григорьева Муркаш районĕнче ӳснĕ. Мĕн ачаранпах вăл колхозра ĕçленĕ, обществăлла пурлăха пуянлатма пулăшнă. Анчах çамрăк хĕре промышленноçра ĕçлесси илĕç иман. Вăл пĕррехинче Шупашкарта пысăк предприяти—пир-авăр комбиначĕ тăваççĕ тенине илтнĕ. Çамрăк хĕр стройкăра ĕçлеме кăмăлланă, ун çинчен ашшĕ-амăшĕсене пĕлтернĕ. «Эсĕ нихçан та алла пуртă тытса ĕçлемен, ăстан çурт тума пултарăн-ха?»—ӳпкелешнĕ килтисем. «Тăрăшсан çав ĕçе те вĕренсе çитĕп, кайран вара хамăр тунă комбинатра ĕçлеме тытăнăп», тенĕ хăюллăн Христина. Килтисем темĕн чухлĕ хăпăлантарча тăрсан та хĕр хăйĕн шухăшне пăрахман. Кĕçех вăл стройкăра ĕçлеме тытăннă. Пилĕк çул каялла эпĕ Христина Григорьевăна стройкăра курнаканччĕ. Халĕ цехра, пир тĕртекен станок патĕнче тĕл пулма тӳр килчĕ. Строительствăра ĕçленĕ хыççăн Христина икĕ фабрикăра ткачиха çумĕнче ученица пулса ĕçленĕ, ун хыççăн çĕнĕ комбинатра хăй те пир тĕртме тытăннă.

— Питĕ лайăх ĕçлет пирĕн Христина. Пур станоксене те йĕркеллĕ ĕçлеттерет,—каласа параççĕ ун çинчен юлташĕсем.

Ӳкерчĕк çинче: Шупашкарти пир-авăр комбиначĕнчи пир тĕртекен иккĕмĕш цехра ĕçлекен смена мастерĕ З. Г. Лабазова юлташ (сулахайра) Х. Г. Григорьева, С. Н. Мочалова, А. А. Васильева тата Т. Е. Ефимова ткачихăсемпе калаçать.

Ĕçчен ткачиха вăхăта ахаль сая ямасть. Кашни минутна тухăçлă усă курать. Темиçе уйăх каялла вăл 16 станокпа кăна ĕçленĕччĕ. Çакă ăна çырлахтарма пултарайман. Вăл малта пыракан работниксен ĕç меслечĕсене вĕреннĕ, опытлă ткачихăсенчен хăйсен опычĕ çинчен каласа пама ыйтнă. Лешсем вара çамрăк работницăна хăйсен ĕçĕсем çинчен тулан кăмăлпах каласа панă. Ĕмĕтленнĕ ĕмĕт пурнăçланнă: Христина Григорьева 24 станока пĕр чăрмавсăр ĕçлеттерме хăнăхса çитнĕ.

— Кăçал тата ытларах станокпа ĕçлеме вĕренсе çитме шутлатăп-ха,—тет вăл.—Хам тĕллеве пурнăçлатăнах.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ умĕнхи ĕç вахтине тăрса, Х. Григорьева январь уйăхĕнчи нормăна 126,5 процент тултарнă, кашни 100 метр пир-авăр пуçне 98,3 метрне пĕрремĕш сортпа тĕртсе кăларнă. Вăл хăйĕн çитĕнĕвĕсемпе лăпланса ларма хăнăхман, пачах урăхла, ĕçри пултарулăха пĕрмай ӳстерме тăрăшать. Вăл производствăна лайăхрах йĕркелеме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма çĕнĕ меслетсемпе мелсем шырать, малта пыракан ткачихăсен опытне вĕренсе упна усă курать. Çĕршыври паллă ткачиха Ярыгина ăнăçлă ĕçлени çинчен хыпар сарăлсанах, Христина унăн опытне вĕренсе алла илме тĕллев лартнă. Аслă специалистсем пулăшнипе тата кĕнекесем вуланипе вăл часах Ташкентри ткачиха Ярыгина меслетне вĕренсе çитнĕ, хăйĕн тантăшĕсене те çапла ĕçleme пулăшнă. Унăн примерĕпе хавхаланса, халĕ сменăри мĕнпур ткачихăсем тенĕ пекех çав меслетпе ĕçлеме пуçланă. Христина продукци пахалăхĕшĕн çине тăрса кĕрешет. Пир тăрăхне варамана çип касран пĕрмай асăрхавать. Станоксене су сĕресенсен ĕçне хăй тĕрĕслесе тăрать, вĕсем тишпейсĕр ĕçленине вурсанах ун пек тума юраманни çинчен астутарать. Çапла тунипе Х. Григорьева продукци пахалăхне пĕрмай ӳстерсе пырать. Вăл февраль уйăхĕнчи нормăна 132,9 процент тултарнă. Кашни 100 метр пир-авăр пуçне 99,4 метрне пĕррремĕш сортпа тĕртсе кăларнă! Ку вăл-чăнниипех пысăк çĕнтерӳ. Кун пек пысăк пахалăхлă продукци тĕртекен ткачихăсем комбинатра сахал-ха.

Унпа пĕрле ĕçлекен ытти работницăсем ăнăçлă ĕçленипе те савăнмасăр тăма çук. К. Свищева, А. Васильева юлташсем нормăна 128—130 процент таран тултарса пыраççĕ. Заряжальщица В. Суркова пысăк опытлă работница шутланать.

Комбинат çулсеренех ӳсет. Çĕнĕ производство хăвачĕсем ĕçе кĕртеççĕ. Кĕçех акă пир тĕртекен фабрикăпа юнашар тепĕр пысăк çурт туса пĕтереççĕ. Кунта фабрикăра тĕртнĕ пир-авăра шуратса сăрламалла пулать. Хăватлă станоксене ĕçлеттерме ăста специалистсем кирлĕ. Комбинат ӳсиипе пĕрлех рабочисен квалификацийĕ те ӳсет. Ăста кадрсем нумайланнăçемĕн нумайланса пыраççĕ. Çакă савăнтарать: производство командирĕсем хушшинче хĕрарăмсем нумай. Вĕсем техникумсемпе аслă шкулсенче вĕреннипе пысăк квалификациллĕ инженерсемпе техниксем пулса тăнă. Комбинатра хĕрарăмсем чăннипех пысăк вăй шутланаççĕ. Производствăн кашни сыпăкĕнчех — çип арланă, мамăк таппă, пир тĕртнĕ çĕрте тата ытти участоксенче те хĕрарăмсем хăйсене тивĕçлĕ вырăн йышăннă. Инженерсем, цех начальникĕсем, комбинат пайĕсен заведующийĕсем пулса ĕçлеççĕ вĕсем. Иккĕмĕш цехри пĕрремĕш сменăна та хĕрарăм мастер Зоя Григорьевна Лабазова ертсе пырать. Ун çинчен цехра пурте ырă кăмăлпа асăнаççĕ. Зоя Григорьевна пир тĕртмелли производствăна лайăх вĕренсе çитнĕ. Вăл, Шупашкарти пир-авăр техникумĕнчен вĕренсе тухнăскер, хăйĕн квалификацине практикăлла ĕçре ӳстерет. «Вĕренмелли нумай,—тет вăл,—иртнĕ çулта эпĕ Мускавра, курсра пултăм, столицăри предприятисенче пир тĕртекенсен опычĕпе паллашрăм. Эпир те çĕршыври малта пыракан предприятисенчи пекех тухăçлă ĕçлеме тивĕçлĕ».

Смена мастерĕ кашни ткачихăн, мастер помощникĕн ĕçне лайăх пĕлет. Ĕçри çитмен-лĕхсене, йĕркесĕрлĕхе çийĕнчех пĕтерсе пырать. Тухăçсăр ĕçлекен рабочисене лайăх ĕçлеме вĕрентет. Акă, пĕр вăхăтра В. Кулебякина ткачиха станоксене пĕр тикĕс ĕçлеттерейĕмен, нормăна та арăн-аран тултаркаласа пынă. Пир пахалăхĕ вара задание палăртнинчен чылай начартарах пулнă.

— Тем пекех тăрăшатăп, темшĕн алăра сыхланать,— ӳпкелешнĕ ткачиха.

— Эсĕ ĕçре асăрханулăрах пул, кашни операцие вăхăтра ту. Сменăри ытти ткачихăсен ĕçĕпе паллаш,—вĕрентнĕ ăна мастер. Ун хыççăн Зоя Григорьевна ткачихăна ĕç вырăнне мĕнле йĕркелеме кирлине хăй кăтартнă, çип сыхланса ларасран, татăласран мĕнле сыхланмалли çинчен каласа панă.

Вăхăт иртнĕ. Ткачиха хăйĕн ăсталăхне ӳстернĕçем ӳстерсе пынă. Январь уйăхĕнче вăл нормăна ирттерсе тултарнă.

Зоя Григорьевăна станоксем патĕнче кăна мар, рабочисен килĕсенче те час-часах курма пулать. Вăл ткачихăсен пурнăçĕпе интересленет, кирлĕ пулсан, пулăшу парать. Çапла, пĕррехинче М. Морозов ăнсăртран чирлесе ӳкнĕ. Мастерпа ытти ткачихăсем чирлĕ çын патне куллен çӳренĕ, пулăшнă. Халĕ Морозов каллех производствăра ĕçлеме пуçланă.

Лабазова юлташ мастер помощникĕсене куллен воспитани парать, вăл пулăшнипе вĕсенчен чылайăшĕ халĕ 48-шар станок ĕçлеттерме хăнăхса çитнĕ. Сменăра нормăна тултарман рабочисем çук.

Цехри пĕрремĕш смена февраль уйăхĕнчи плана ирттерсе тултарнă, çитес çывăх вăхăтрах пĕтĕм сменипех станоксемпе оборудование проектпа палăртнă хăватпа ĕçлеттерме задача лартнă.

Нимĕн иккеленмелли те çук, сменăри работницăсем малашне те пысăк пахалăхлă продукци ытларах туса кăларĕç, мĕншĕн тесен вĕсене партипе правительство мĕн кирлине пурне те туса панă.

Н. ГЕРАСИМОВ.

## Вьетнам тĕлĕшпе Женевăра тунă килĕшӳсене пурнăçласси çинчен тăракан ыйту пирки

Индо-Китай тĕлĕшпе Женевăра пулнă канашлăва икĕ председатель — ССР Союзĕпе Великобритани Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсем—ертсе пынипе пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ. Канашлăвăн икĕ председателĕ çыру янă май, Китай Халăх Республикин правительствипе Демократиллĕ Вьетнам Республикин правительстви «Вьетнам тĕлĕшпе Женевăра тунă килĕшӳсене пурнăçлама йышăнмалли мерăсем çинчен» тăракан ыйтăва пăхса тухма çĕнĕ канашлу пухма сĕнни çинчен хаçатсенче пĕлтернĕччĕ.

Кăçалхи февралĕн 18-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви çак ыйтупа Великобританин Мускаври Посольствине нота янă.

Ку нотăра Совет правительстви çакна асăрхаттарать: Вьетнамра Женевăри килĕшӳсене пурнăçлас ĕç халĕ те кирлĕ пек пулса пымасть. Женевăри килĕшӳсенче 1956 çулхи июльте Вьетнамра пĕтĕмĕшле суйлавсем терес тĕлĕшпе консультацисем ирттерме палăртнă пулсан, Кăнтăр Вьетнам влаçĕсем вара çавăн пек консультацисем ирттерес ĕçе тытăнма пачах килĕшмеççĕ, çакăн çинчен Тĕнчери çĕршывсен Вьетнамра сăнаса тата тĕрĕслесе тăракан Комиссийĕн тăваттăмĕш докладĕнче асăрхаттарнă. Тĕнчери çĕршывсен Вьетнамри Комиссине хăйĕн ĕçне пурнăçлама ялахах Кăнтăр Вьетнам влаçĕсем чăрмантарса тăраççĕ. Унтан та ытларах, Кăнтăр Вьетнам влаçĕсем Кăнтăр Вьетнамра хăйсем тĕллĕн суйлавсем ирттересси тата Вьетнам çĕршывне икке уйăрас, çапла вара Вьетнам пирки Женевăра тунă килĕшӳсене пурнăçлассине чарса лартас тĕлĕшпе ытти ĕçсем тума йышăнни çинчен пĕлтернĕ.

Совет правительстви çапла шутлать: Вьетнам пирки Женевăра тунă килĕшӳсене пурнăçламанни Индо-Китайри мир ĕçĕшĕн, çавăн пекех тата пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн питĕ пысăк йывăрлăхсем туса хунă пулĕччĕ.

Вьетнамра йывăр лару-тăру пулса тăнине тата ăна лайăхлатас тĕлĕшпе икĕ Председатель халиччен йышăннă мерăсем усăллă результатсем паманнине шута илсе; Совет правительстви Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Вьетнам Республики правительствисен шухăшĕпе—Вьетнамра Женевăри килĕшӳсене пурнăçлас тĕлĕшпе йышăнмалли мерăсем çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма çĕнĕ канашлу пухни усăллă пулĕ тенипе килĕшет.

Совет правительстви шучĕпе асăннă Канашлăва пухасси çинчен панă сĕнĕве икĕ Председатель пĕрле хӳтĕлени тата çак ыйтупа Женевăра Индо-Китай тĕлĕшпе пулнă канашлăва хутшăннă çĕршывсене тата Тĕнчери çĕршывсен Индо-Китайри комиссийĕн членĕ шутланакан çĕршывсене тивĕçлĕ çыру яни усăллă пулас пек туйăнать.

Халĕхе Великобритани правительствинчен ответ илеймен-ха.

## Вьетнамри ĕççынинисен партине туса хунăранпа пилĕк çул çитнĕ ятпа Ханойра пулса иртнĕ митинг

ХАНОЙ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри ĕççынинисен партине туса хунăранпа пилĕк çул çитнĕ май ĕнер унта массăллă митинг ирттернĕ. Митингра Вьетнамри ĕççынинисен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕсем Фам Ван Донг, Хоанг Куок Вьет, Во Нгуен Зиап тата Демократиллĕ Вьетнам Республикин партипе государство ĕçĕнчи ертсе пыракан ытти деятелĕсем, общественность представителĕсем пулнă.

Вьетнамри ĕççынинисен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе митингра Ле Ван Лоунг тухса каланă. Хăйĕн докладĕнче вăл Вьетнам халăхĕн ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвĕн пуçне тăнă парти историйĕн тĕп тапхăрĕсем çинчен каланă. Вăл çакна палăртнă: парти халăх интересĕсемшĕн, США-на Нго Динь Дьемăн вăрçăллă провокацийĕсене хирĕç кĕрешет, вăл миршĕн, çĕршыва пĕрлештерессишĕн, ирĕклĕ пăхăнман демократиллĕ Вьетнам туса хурассишĕн тăракан мĕнпур ушкăнсемпе тата çынсемпе пĕрлешсе кĕрешет, тенĕ. Вьетнамри ĕççынинисен партийĕ, пĕтĕм çĕршыв халăхĕпе тачă çыхăнса ĕçлесе, пĕтĕм тĕнчери мире юратакан халăхсем пулăшнипе тĕрĕс ĕçшĕн пыракан кĕрешӳре çĕнтерессине шанса тăни çинчен Ле Ван Лоунг каланă.

Унтан митингра ĕççынинисен представителĕсем, Вьетнамри демократилле партисен деятелĕсем, çавăн пекех Вьетнам халăх çарĕн представителĕсем тухса каланă.

## *Неру тунă заявлени*

ДЕЛИ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Пресс Траст оф Индиа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер суту-илӳпе промышленность палатисен федерацийĕн çулсерен пулакан сессине уçнă чухне Инди премьер-министрĕ Неру сăмах тухса каланă. «Ăнланса-и е ăнланмасăр-и, тĕнче социализмла экономика патне пырать», тенĕ вăл.

Халăхи вăхăтри условисенче, тенĕ Неру, урăхла шухăшлас та пулма пултараймасть. Социализмла система вăл классен хирĕçĕвĕсем ним пĕтерме, этемлĕхе кирлĕ калаха кайма май туса пама пултарать.

Неру «наци ытăвĕсемпе тĕнчери ыйтусене татса панă чухне çĕнĕлле шухăшлама» чĕнчĕ.

### КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИ ООН-ра ХĂЙЕН ВЫРĂННЕ ЙЫШĂНМА ТИВĔÇЛĔ

ПЕКИН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче Японири социалистсен партийĕн Тĕнчери çĕршывсен енĕпе ĕçлекен бюровĕн тата Тулашри политика ыйтăвĕсемпе ĕçлекен комитечĕн пĕрлехи ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура пулнисем Китай Халăх Республикине Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче хăйĕн законлă вырăнне памалла, тенĕ. Вĕсем çавăн пекех тата Тайвань утравĕ Китай Халăх Республикин уйрăлми пайĕ пулса тăрать, Америка çарĕсене Тайвань çинчен илсе каймалла, тесе каланă.

### КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЧЕ ЯЛХУÇАЛĂХНЕ КООПЕРАЦИЛЕÇÇĔ

ПЕКИН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра ялхуçалăхне кооперацилессе анлăрах та анлăрах сарăлать. «Женьминьжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи февраль уйăхĕ тĕлне хресченсен çĕр миллион ытла хуçалăхĕ ялхуçалăх кооперативĕсене кĕнĕ, çакă вара хресченсен килĕсен 85 проценчĕ пулать. Хресченсен килĕсен 48 проценчĕ çӳлĕ сыпăкра тăракан ялхуçалăх кооперативĕсене пĕрлешнĕ.

## Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн делегацийĕ ССР Союзне килесси çинчен

Союз Совечĕн Председателĕ А. П. Волков тата Национальноçсен Совечĕн Председателĕ В. Т. Лацис Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн Председателĕ З. Фирлингер патне çакăн пек çыру янă:

«Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕ Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн делегацине 1956 çулхи март уйăхĕнче, çак вăхăтра килессипе Наци Пухăвĕ килĕшет пулсан, Совет Союзне килме чĕнет.

Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн делегацийĕ Совет Союзне килсе курни, нумаях пулмасть СССР Верховнăй Совет делегацийĕ Чехословакине пырса курнă пекех, пирĕн çĕршывсем хушшинчи тăванла туслă çыхăнусене тата пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме нумай пулăшассине шанса тăратпăр.

Пирĕн чĕнĕве йышăнни çинчен пĕлтернĕшĕн эпир Сире тав тăватăпăр».

Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн председателĕ З. Фирлингер А. П. Волковпа В. Т. Лацис патне ответлесе янă çырура çапла пĕлтернĕ:

«Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн Президиумĕ Эсир ырă кăмăллă пулса янă чĕнĕве—1956 çулхи март уйăхĕнче Совет Союзне пырса курма чĕннине питĕ савăнса йышăнать. Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн делегацийĕ Совет Союзне кăçалхи март уйăхĕн варринче пыма тата Сирĕн çĕршывра икĕ эрнене яхăн пулма шутлать.

Чехословаки Республикин Наци Пухăвĕн Президиумĕ çапла çирĕп шанса тăрать: Наци Пухăвĕн делегацийĕ Совет Союзĕнче пулни пирĕн çĕршывсем хушшинчи традициллĕ çыхăнусене тата ытларах çирĕплетĕ тата пирĕн çĕршывсенчи халăхсен тăванла туслăхне малалла çирĕплетсе пыма пулăшĕ».

## Мароккăри событисем

ПАРИЖ, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Парижра Франци Мароккăн никама пăхăнманлăхне йышăнни çинчен Францийĕпе Марокко пĕрле пĕлтернине Мароккăн Испани аллинчи пайĕнче пурăнакан халăх ырласа кĕтсе илнĕ.

«Орор» хаçат çапла пĕлтерет: ĕнер Тетуанра (Мароккăн Испани аллинчи пайĕ) демонстраци пулса иртнĕ. Демонстрацие пиншер марокканецсем хутшăннă. «Сывă пултăр никама пăхăнманлăх!», «Тĕп пултăр колониализм!» тенĕ вĕсем.

Испани полицийĕ демонстрантсене хăваласа салатма хăтланнă, куççуль кăларакан газ янă, пăшалсемпе пенĕ, демонстрацие хутшăннă 40 çынна амантнă. Полици 50 марокканеца тытса хунă. Хаçатсенче каланă тăрăх, Тетуанри «лару-тăру ытла та йывăрланса çитнĕ». Хулана Испани çарĕн чаçĕсем хупăрласа илнĕ. Марокканецсем мартăн 5-мĕшĕнче демонстраци ирттерме палăртнă пулнă, анчах Франко влаçĕсем вĕсене демонстраци тума чарнă.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Мароккăн Испани аллинчи пайĕнчи наци деятельсем влаçсене протест ярса панă, халăха Марокко никама пăхăнмасăр пурăнакан çĕршыв пулса тăнине уявлама май памалла, тенĕ.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Францийĕпе Марокко тунă килĕшӳ франкистла Испанири влаçра тăракан ушкăнсене хытă шиклентерет.

### „Дейли мейл" хаçат Англин Иордани тĕлĕшĕнчи политики çинчен

ЛОНДОН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Иорданире юлашки вăхăтра пулса иртнĕ событисем çинчен çырса, «Дейли мейл» хаçатăн дипломати енĕпе ĕçлекен обозревателĕ Уолтер Фарр çапла каланă: «Англи правительстви Иордани тĕлĕшпе çирĕп политика тытса пыма хатĕрленĕ». Фарр шучĕпе, Англи Иорданине çар тата экономика енĕпе «пулăшма», танксем, самолетсем тата ытти çар материалĕсем тăратма чарăнасси çинчен, çавăн пекех Англин мĕнпур офицерĕсене араб легионĕнчен чĕнсе илесси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухать. Ку ыйтăва хăш майлă татса парасси, тесе çырать Фарр, Иордани правительстви Англи сĕнĕвĕсем çине мĕнле ответ панинчен килет. «Лондонра çапла шутлаççĕ: тивĕçлĕ ответ пулмасан, «Англипе Иордани тунă договора усăсăр договор тесе шутламалла пулать».

### Амманри демонстраци

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед пресс агентствин корреспонденчĕ Амманран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Иордани столицин урамĕсем тăрăх пиншер демонстрантсем иртсе пынă. Вĕсем çумне Араб легионĕн салтакĕсемпе офицерĕсем пĕрлешнĕ. Демонстрантсем ялавсем çĕклесе, наци юррисем юрласа пынă. Ку вăл Глабб генерала Араб легионĕн командующийĕнчен кăларнă хыççăн Англи империализмне хирĕçле чи пысăк демонстраци пулнă.

## Хĕвеланăç Германие милитаризацилеççĕ

БОНН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Оборона министрĕ Бланк корреспондентсен ушкăнне Хĕвеланăç Германи çарне тăвас тĕлĕшпе çывăх вăхăтра пурнăçламалли илан çинчен каласа панă.

Хĕвеланăç Германири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Бланк çапла каланă: Парижри килĕшӳсенче Хĕвеланăç Германи çарне тума палăртнă пулсан, Федеральнăй республика Çурçĕр Атлантика блокĕ (НАТО) умĕнче хăйĕн çине илнĕ обязательствăсене пурнăçа кĕртет.

«Ди Вельт» хаçат çырнă тăрăх, хĕвеланăçĕнчи державăсем, Хĕвеланăç Германи çарне тăвасси вăраха каять тесе, хăйсен çарĕсене тытса тăма тухакан расходсен пĕр пайне тӳлеме Федеральнăй Республикăна хутшăнтарасшăн, çавăн пирки вара Бланкăн Хĕвеланăç Германи çарне тăвасси çинчен каласа памалла пулнă иккен.

Бланк каласа панă тăрăх, Федеральнăй Республика 1956 çул вĕçленнĕ тĕле пĕтĕмпе 95.000 çынлă çар тăвать, çав шутра типĕ çĕр çинчи çарсенче 64.000 çын, сывлăш çарĕнче 12.000 çын, тинĕс-çар флочĕн составĕнче 8.000 çын, территорисенчи çарсенче 11.000 çын пулать.

«Франкфуртер альгемейне» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бланк çапла каланă: Америкăн Германири çарĕсене мĕнле хĕçпăшалланитарнă, Хĕвеланăç Германи çарĕн те çавăн пек хĕçпăшалах, çав шутра «атомлă хĕçпăшал» та пулать, анчах атомлă хĕçпăшала Федеральнăй республика хăй туса хатĕрлемест.

## Çăмăл атлетсен хĕллехи ăмăртăвĕ

Нумаях та пулмасть Шупашкарта Советсен çурчĕ умĕнчи площадьре çăмăл атлетсен республикăра мала тухмалли хĕллехи ăмăртăвĕ пулчĕ. Янахи пекех спортсменсем чи малтан 100 метра чупаççĕ. Ку енĕпе пĕррепĕш вырăнсене М. Гурьевăпа («Буревестник» спорт обществи), Р. Камалтдинов («Колхозник» спорт обществи) йышăнаççĕ. Гурьева 400 тата 200 метр хушшисене чупассипе те пĕррепĕш вырăнсене йышăнчĕ.

Республикăри ăмăртусенче пирĕн спортсменсем барьерсем урлă чупассипе яланах япăх результатсем кăтартаççĕ. Хальхинче те çапла пулса тухрĕ. 110 тата 80 метра чупассипе мала тухнă Р. Шайбинпа («Динамо» спорт обществи) Н. Николаевăн («Буревестник» спорт обществи) результачĕсем те чаплах мар.

Арçынсем хушшинче 400 тата 800 метра ялти спортсменсем хушшинче СССР чемпионĕн ятне илнĕ Р. Бикчурин чи малтан чупса тухать. Ку дистанци енĕпе пединститут студенчĕ Л. Толстов та лайăх чупнине палăртас пулать. 2.000 метра чупассипе пĕррепĕш вырăна А. Улангин тухрĕ. Бикчурин шăллĕ Равиль тата Ю. Кириллов—иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç.

Ăмăртăвăн малтанхи кунĕнче Р. Камалтдинов, диска 37 метр та 34 сантиметр ывăтса, тепĕр çĕнтерӳ турĕ. Иккĕмĕш вырăна тухнă Ф. Горынинăн («Буревестник» спорт обществи) результачĕ те, хĕллехи условисене шута илсен, япăх мар. Вăл диска 35 метр та 15 сантиметр ывăтрĕ. Хĕрарăмсенчен дискпа сăнă ывăтассипе, йĕтре тĕртессипе пĕррепĕш вырăнсене пединститутра вĕренекен А. Беляева йышăнчĕ. Сăнă ывăтассипе И. Шмельков пĕррепĕш, Ю. Плотников—иккĕмĕш вырăна тухрĕç.

Пединститут спорт залĕнче те çăмăл атлетсем ăмăртрĕç. Улатăр хулин представителĕ, республика рекордсменĕ Горынин 175 сантиметр çӳллĕшне çăмăллăнах сиксе каçрĕ. Ăмăрту залра пулнине шута илсен, ку результат лайăххине палăртмалла. Иккĕмĕш вырăна, 170 сантиметр çӳлĕш сиксе, Р. Шайбин, виççĕмĕшне—А. Зайцев (160 сантиметр) йышăнчĕç. Хĕрарăмсем хушшинче çак енĕпе Л. Черновăпа Н. Николаева мала тухрĕç.

Арçынсем йĕтре тĕртни интереслĕ пулчĕ. Малтанхи результатсене илсен, пĕррепĕш вырăна Канаш хулинчи 10-мĕш класра вĕренекен Г. Мирошин тухнăччĕ. Анчах финалти ăмăртура Ф. Горынин, йĕтрене 13 метра тĕртсе, лайăх результат кăтартрĕ. Çамрăк спортсмен Мирошин результачĕ те 30 сантиметр çеç пĕчĕкрех.

Чупса пырса сиксессипе хĕрарăмсем юлса пыраççĕ-ха. Пĕррепĕш вырăна тухнă Н. Боронова та виççĕмĕш разряд нормине те тултараймарĕ. Арçынсенчен Горынин 6 метр та 12 сантиметр, Камалтдинов—6 метр та 7 сантиметр, С. Григорьев—5 метр та 99 сантиметр сикрĕç. Калас пулать, спорт залĕнче сикнĕ чух чупса пыма вырăн сахал.

Чупса пырса виçĕ хутчен сикессипе ялти спортсменсен РСФСР чемпионĕн ятне илнĕ С. Григорьев мала тухрĕ. Вăл 12 метр та 82 сантиметр сикрĕ.

Икĕ кун ăмăртнă хыççăн пĕррепĕш вырăна «Буревестник» спорт обществин пĕррепĕш команди, иккĕмĕш вырăна—«Колхозник», виççĕмĕш вырăна—«Буревестник» спорт обществин иккĕмĕш команди йышăнчĕç. Çак ăмăртăва «Энергия» спорт обществин руководителĕсем кирлĕ пек хакламаннине палăртмалла. Вĕсем ăмăртăва хутшăнма команда тăратмарĕç.

Пирĕн çăмăл атлетсен кăçалхи июнь уйăхĕнче Мускава РСФСР-ти халăхсен спартакиадине каймалла пулать.

**Ю. ПЛОТНИКОВ.**

### Халăх сучĕн отчечĕ

МУРКАШ. (Хамăр корр.). Районти халăх сучĕ хăйĕн çулталăкри ĕçĕсем çинчен ĕççынинисем умĕнче отчет туса парать. Çак кунсенче А. Герасимов судья МТС-ри механизаторсен пухăвĕнче пулчĕ. Вăл отчет тунă май, совет сучĕн воспитаниллĕ ролĕ ӳссе пыни, районта преступлениллĕ ĕçсем çултан-çулах чакса пыни çинчен каларĕ.

Отчета итленĕ хыççăн механизаторсем халăх сучĕн ĕçне лайăхлатма пулăшакан сĕнӳсем чылай парĕç.

### *Колхозсене телефон кĕртеççĕ*

КАНАШ. (Хамăр корр.). Иртнĕ çул районти çыхăну кантурĕ Пушкин ячĕпе тăракан, «Красная Армия», «Новая жизнь» тата «Искра» колхозсен правленийĕсене телефон кĕртнĕ. Нумаях пулмасть Куйбышев ячĕпе тăракан колхоза та телефон кĕртсе çитерчĕç. Паянхи куна районти 30 колхозран 21 колхоза телефон кĕртнĕ. 9 колхозра çуравтомат-аппаратсем лартнă.

Кăçал Ворошилов ячĕпе тăракан колхоза та телефон кĕртме палăртнă.

### Ял культури ӳсет

ШĂХАСАН. Совет влаçĕн çулĕсенче Ухман ялĕ тĕпренех улшăнчĕ. Унта медпункт, çичĕ çул вĕренмелли шкул, клуб, илпо, магазин, почта уйрăмĕ тата библиотека пур. Библиотекăра 4 пин кĕнеке ытла шутланать.

Клубра ирттерекен лекцисене итлеме тата кино курма ялăнах çынсем нумайăн пухăнаççĕ.

Ял ĕçченĕсем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. 47 колхозник килĕнче радиоприемниксемпе хуткупăссем пур. Яла 50 экземпляр хаçат-журнал килсе тăрать.

**В. ВЕСЕЛОВ.**
**В. КУРОПАТКИН.**

### Шахмат енĕпе РСФСР-ти хуласем хушшинче мала тухмалли ăмăрту

Шахмат искусстви енĕпе массăлла ĕçе лайăхлатас тата хуласенчи шахмат организацийĕсем хушшинчи çыхăнăва вăйлатас шутпа РСФСР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи физкультурăпа спорт комитечĕ тата Пĕтĕм Российăри шахмат секцийĕ кашни çулах шахмат енĕпе хуласем хушшинче мала тухассишĕн телеграфпа ăмăрту ирттереççĕ.

Телеграф тăрăх ăмăрту ирттерме кăçал РСФСР-ти хуласене виçĕ ушкăна пайланă.

Иккĕмĕш ушкăн енĕпе Сталинград, Тамбов, Пенза, Ульяновск, Уфа, Шупашкар, Черниковск тата Якутск хулисенчи шахматистсем, виççĕмĕш ушкăн енĕпе—Белгород, Брянск, Владивосток, Калуга, Магадан, Орел, Сызрань тата Хабаровск хулисенчи шахматистсем выляççĕ.

Шупашкар хулинчи шахматистсем Сталинградпа Ульяновск хулисемпе шуррисемпе, Пенза, Уфа тата Якутск хулисемпе—хурисемпе выляççĕ.

Шупашкар — Черниковск тата Тамбов—Шупашкар командисен телеграфпа ирттернĕ тĕлпулăвĕсем нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ.

Кашни ушкăн енĕпех мала тухакан командăсене çитес çул вылямалла аслăрах ушкăнсене, чи кайри вырăн йышăннисене—кĕçĕнрех ушкăнти командăсене куçараççĕ.

**В. СЕРГИЕВСКИЙ.**

### Шахматистсен районти ăмăртăвĕ

Тăвайĕнчи культура çуртĕнче шахмат вăййипе районта мала тухмалли ăмăрту пулса иртрĕ. Ăмăртăва 17 çын хутшăнчĕ. Çĕнĕ Пуянкассинчи «Социализм» колхоз членĕ Л. Казаков, 12,5 очко пухса, пĕррепĕш вырăна тухрĕ.

Ăмăртура мала тухнă шахматистсене физкультурăпа спортăн районти комитечĕ дипломсемпе хаклă парнесем панă.

**А. САРРИ.**

## Сĕм вăрман варринче

Вĕçĕ-хĕррисĕр тăсăлса выртать Çĕпĕр сĕм вăрманĕ. Тискер кайăксене вĕçен кайăксем пурăннă çĕре—кашласа ларакан сĕм вăрмана пычĕç улттăмĕш пилĕкçуллăх строителĕсем. Ачинск хули патĕнчен Енисей юханшывĕ хĕррипелле вăрман витĕр 258 километр тăршшĕ чугун çул хурса тухма тытăннă. Вырăс ялĕ Абалаково патĕнче хăма туракан заводсем тата йывăç япаласем тăвакан комбинатсем пулаççĕ. Çĕнĕ промышленноçлă центр çуралать. Вăхăт нумаях та иртмĕ, çак предприятисем çĕршыва паллăрах стройкисене йывăç ăсатма тытăнĕç.

Чулым юханшыв таврашĕ. Никам хускатман шăплăх. Кунта этем ура ярса пусман вырăнсем те пур. Кемчуг юханшывĕ хĕррипелле Красноярск крайĕпе Томск облаçĕнчи кашни кĕркуннех сунарçăсем пухăнаççĕ. Хура çĕр тарăн юрпа витĕнет. Хĕл сиввисем пуçланаççĕ. Сĕм вăрманта çаплах пăшал сасси янрать. Кутамкинсене хăвăн соболь тирĕсемпе пакша тирĕсем чиксе тултарнă сунарçăсем çак чуна илĕртекен вырăна çитес çул каллех килсе çӳрес кăмăлпа килĕсене таврăнаççĕ.

Çакăн пек çĕрте пулать ĕнтĕ çĕнĕ чугун çул.

Ăна тума пуçланă. Строительсем утăм хыççăн утăм сĕм вăрмана сирсе кĕреççĕ. Вĕсем ĕмĕрхи йывăççене касса тасатаççĕ, сăртсене сирпĕте-сирпĕте яраççĕ, шурлăхсене çĕр турттарса тултараççĕ, кĕперсем тăваççĕ, рельссем хываççĕ. Пурăнмалли суртсем тăваççĕ, телефон юписем лартаççĕ, проводсем караççĕ. Çĕнĕ поселоксем çитĕнеççĕ. Пулас чугун çулпа юнашар автомобиль çулĕ çип çаппа пек выртать. Тĕрлĕ çимĕçсем, çи-пуçа тăхăнмалли япаласем, строительствăна кирлĕ материалсем тиенĕ машинăсем татти-сыпписĕр чупаççĕ.

Сивĕ хĕл. Апла пулин те стройкăра хĕрӳ ĕç пырать. 41 километр тăршшĕ чугун çул хурса тухнă та ĕнтĕ. Пулас чугун çул Чулым таврашĕнчи çынсен кăмăлне çĕклентерет. Сĕм вăрманти çынсем çапла калаççĕ: «Ял урлă вĕçсе каякан самолетсене, çул тăрăх чупакан автомобильсене, уйхире сухалакан тракторсене курнă, анчах паравус кăшкăртнине илтмен-ха», теççĕ.

Çавăнпа та-и, тен, çĕнĕ стройка çинчен питĕ ăшă кăмăлпа калаççĕ. Чугун çул сĕм вăрманти çынсен пурнăçне телей кӳрсе тăрĕ, кунти колхозсен тата колхозниксен пурнăçне тĕпренех улăштарĕ, тесе шутлаççĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ экскаваторсем тата бульдозерсем ĕçленине курма таçтан инçетрен пырса çӳреççĕ. Çитмĕл çул тултарнă колхозник Иван Саввич Сурик, Чулым леш енчи Тюхтет ялĕнче пурăнаканскер, чугун çул тунине курма пилĕк кун çуран утнă. Кемчуг хыçĕнчи Ганин Гарь яле чугун çул паян-ыран çитмест-ха, анчах унти çынсем «визиркăна» тухаççĕ, чунтан-вартан савăнса просека тăрăх утаççĕ. Вĕсене ачаранпа савса юратнă вăрман витĕр капăр вагон ăшĕнче ларса пынă пек, Çĕпĕр йывăççне тиесе тултарнă пысăк поездсем иртсе çӳренĕ пек туйăнать.

— Поездсен сăнарĕ тĕлĕкре мар, чăн куç умĕнче,—тет чаплă сунарçă Савелий Иванович Бикишенко.

Икĕ юханшыв хушшинчи сĕм вăрманта, пысăк та ешĕл симĕс уçланкăра, Ачинскри ялхуçалăх техникумĕн утарĕ вырнаçнă. Унта çĕршывăн паллă утарçи Василий Федорович Шалагин заведующи пулса ĕçлет. Ăна пыл нумай пухса илнĕшĕн 1936 çултах Ленин орденĕ панă.

— Çывăхра чугун çул иртсе кайни пыл хурчĕсене кансĕрлемест-ши?—шӳтлесе илтĕмĕр эпир, калаçса ларнă хушăра.

— Кам калать чугун çул пыл хурчĕсене кансĕрлет, тесе? Пирĕн утар сывăхĕнче пĕррепĕш поезд иртсе кайассине темĕн пекех кĕтетпĕр. Чугун çул вăл пирĕн савăнăç, пирĕн телей, пĕлес килет пулсан, пирĕн пурнăç,—ăшшăн тавăрса каларĕ Василий Федорович.

Çĕпĕр çыннисем чугун çула хăйсен тăван стройки тесе шутлаççĕ, мĕнпур майпа пулăшаççĕ.

Стройкăна пуçласа килнисем хушшинче коммунист Николай Иванович Рябов пур. Вăл, аллă çултан иртнĕскер, стройкăна инçетрен çемйи-мĕнĕпех килнĕ. Çĕпĕр çыннисем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ, вĕсем ĕçре часах тăванланнă. Рябов юлташ бригадинче вăтăр икĕ çын ĕçлет. Вĕсем сĕм вăрманта Изук-Чуя хĕрринче строительсем валли пурăнмалли суртсем тăваççĕ. Вĕсемпе юнашар Ачинск платникĕ, парти членĕ Иосиф Косоглотов, Аслă Улуйск районĕнчи Окуневка ялĕнчи шофер Альберт Ропман т. ыт. ĕçлеççĕ. Николай Иванович Рябов Чăваш çĕршывĕнче, Пăрачкав районĕнчи Куденха ялĕнче çуралса ӳснĕ.

Аван ĕçлет Николай Иванович бригади. Вăл çĕнĕ поселокра тăватă хватерлĕ виçĕ сурт туса лартрĕ, тепĕр икĕ суртне пухма тытăннă. Çава тухсан Ызык-Куль разъездĕнчи сооруженисене, Андреевка ялĕ патĕнче Тулат ятлă станцине тума тытăнаççĕ. Тулат станци чăваш станци тесен те ытлашши пулас çук, мĕншĕн тесен пулас станципе юнашар Усть-Тулат ялĕнче пĕтĕмпех чăвашсем пурăнаççĕ.

Ачинск хулинчен çурçĕр-хĕвелтухăç енче пушă вырăнта иртнĕ кĕркунне çĕр шăнас умĕн Петр Голомедов ертсе пыракан платниксен бригади пĕррепĕш юпа çапса лартнăччĕ. Кунта кĕске срокра çирĕм ытла сурт лартрĕç. Кăç пулсан электричество çутти ялкăшать. Партин XX съезчĕ уçăлнă тĕле хăшпĕр суртсене строительсем пурăнма кĕчĕç, вĕсенчен пĕри Петр Егорович Голомедов бригадир.

Строительсем, çамрăк поселока хыçа хăварса, малалла каяççĕ. Борис Павлович Машков колонни пуктăваттăмĕш километрта тăпра купалать. Кунта парти членĕ Степан Дмитриевич Бабак ертсе пыракан бригада уйрăмах аван ĕçлет. Бригада 140 пин кубометр тăпра купаланă. Степан Дмитриевич чугун çул транспортĕнче вăтăр пилĕк çул хушши татти-сыпписĕр ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕмĕрĕнче пухнă пуян опытпа çамрăк строительсене паллаштарать.

— Бабикпе юнашар хĕпĕртесех ĕçлетпĕр,—тет экскаватор машинисчĕ Виталий Полин.—Унăн машини шартлама сиврĕ те чарăнса курман.

— Тăтăклăн наступлени пуçласа ярас умĕн пурăнатпăр, — терĕ строительствăпа монтаж поесчĕн начальникĕ Лоладзе Леван Томаилович. — Ӳрĕк-сӳрĕк ĕçлеме вăхăт çук.

Строительство начальникĕ çамрăк çын мар. Тăнлав хĕррисем кăвакарнă. Вăл çăра куçхаршин айĕн пăхса, кĕскен татса каларĕ:

— Партин XX съезчĕ йышăннă Директивăсем васкатаççĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра чугун çула туса пĕтермелле.

Хĕрӳ ăмăртура çынсем ырми-канми тăрăшса ĕçленине курсан, чугун çул тăвас срок кĕскелессĕн туйăнать. Вăл çавăн пек пулать те.

**Д. ИЛЬМЕНТЬЕВ.**

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.




РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-94, совет строительстви пайĕ—3-94, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00666 Типография №1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.